ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Март
10
ытларикун
№ 50 (8959)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Ĕнер совет халăхĕ, прогрессивлă пĕтĕм этемлĕх хăйсен аслă çулпуçĕпе учительне Иосиф Виссарионович Сталина юлашки çула ăсатрĕç.



Союзсен Çуртĕн Колоннăллă залĕнче 1953 çулхи мартăн 6-мĕшĕнче. Партипе Правительство руководителĕсем И. В. Сталин юлташăн тупăкĕ умĕнче.

# Иосиф Виссарионович Сталина пытарни

## Хĕрлĕ площадьри хурлăхлă митинг

### *Г. М. Маленков юлташ сăмахĕ*

Çĕршыври хаклă тăвансем, юлташсем, туссем!

Урăх çĕршывсенчи хаклă тăвансем!

Пирĕн партишĕн, совет халăхĕшĕн, мĕнпур этемлĕхшĕн питех те йывăр, каялла тавăрма çук пысăк çухату пулчĕ. Пирĕн учителĕн тата çулпуçăн, этемлĕхĕн асларан та аслă генийĕн Иосиф Виссарионович Сталинăн мухтавлă пурнăç çулĕ татăлчĕ.

Çак йывăр кунсенче совет халăхĕпе пĕрле малта пыракан тата прогрессивлă пĕтĕм этемлĕх чĕререн хурланать. Сталин ячĕ совет çыннисемшĕн, çĕр чăмăрĕн мĕнпур пайĕсенчи халăхăн анлă массисемшĕн вĕçĕмсĕр хаклă. Сталин юлташ совет халăхĕшĕн тата мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисемшĕн тунă ĕç аслă та калама çук пысăк. Сталин ĕçĕсем ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕç, ырă кăмăллă пулас ăрусем, пирĕн пекех, Сталин ятне мухтаса асăнĕç.

Сталин юлташ хăйĕн пурнăçне рабочи класпа мĕнпур ĕççыннисене эксплуататорсен пусмăрлăхĕпе чуралăхĕнчен ирĕке кăларас ĕçшĕн, этемлĕхе аркатуллă вăрçăсенчен хăтарас ĕçшĕн, çĕр çинче ĕçхалăхĕ валли ирĕклĕ те телейлĕ пурнăç туса парас ĕçшĕн пачĕ.

Сталин юлташ, пирĕн саманари аслă мыслитель, историллĕ çĕнĕ условисенче марксизм-ленинизм вĕрентĕвне творчествăллăн малалла аталантарчĕ. Сталин ячĕ этемлĕхĕн пĕтĕм историйĕнчи асларан та аслă çынсен — Маркcăн — Энгельсăн—Ленинăн ячĕсемпе юнашар тивĕçлипех тăрать.

Пирĕн парти марксизм-ленинизмăн аслă вĕрентĕвĕ тăрăх, партие тата халăха никам çĕнтерейми вăй паракан, историре çĕнĕ çулсем хывма пулăшакан вĕрентĕвĕ тăрăх ĕçлесе пырать.

Ленинпа Сталин нумай çулсем хушши вăрттăнлăхăн йывăр условийĕсенче Российăри халăхсене самодержави пусмăрĕнчен, помещиксемпе капиталистсен пусмăрĕнчен хăтарассишĕн кĕрешнĕ. Ленинпа Сталин ертсе пынипе совет халăхĕ этемлĕх историйĕнче асларан та аслă улшăнăву турĕ, пирĕн çĕршывра капитализм стройне пĕтерсе хучĕ те çĕнĕ çул çине—социализм çулĕ çине тухрĕ.

Ленин ĕçне малалла туса пырса тата Ленин вĕрентĕвне, партипе Совет государствин малашнехи çулне çутатса тăракан вĕрентĕве ывăнма пĕлмесĕр малалла аталантарса, Сталин юлташ пирĕн çĕршыва социализмăн пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ çĕнтерĕвĕ патне илсе çитерчĕ, çакă вара этемлĕх обществи пурăнаннă нумай пин çулсем хушшинче пирвайхи хут çынна çын эксплуатациленине пĕтерсе хума май пачĕ.

Ленинпа Сталин рабочисемпе хресченсен тĕнчери пĕрремĕш государствин, пирĕн Совет государствин никĕсне хывреç. Сталин юлташ Совет государствине тĕреклетессишĕн ывăнма пĕлмесĕр ĕçлерĕ. Пирĕн государство çирĕп те хăватлă пулни хамăр çĕршывра коммунизма ăнăçлăн туса çитермелли питех те кирлĕ услови пулса тăрать.

Пирĕн чи таса тивĕç—хамăрăн социализмла аслă государствăна, мирпе халăхсен хăрушсăрлăхĕн тĕрекне малашне те ывăнма пĕлмесĕр тата пур енĕпе те çирĕплетсе пырасси пулать.

Общество аталанăвĕн историйĕнчи чи кăткăс ыйтусенчен пĕрне—наци ыйтăвне татса пани Сталин юлташ ячĕпе çыхăнса тăрать. Наци ыйтăвĕн асларан та аслă теоретикĕ Сталин юлташ историре чи малтанхи хут, нумай нациллĕ питех те пысăк государствăра, нацисем хушшинче ĕмĕр-ĕмĕр пынă хирĕçĕве пĕтерсе хурассине пурнăçларĕ. Сталин юлташ ертсе пынипе пирĕн парти ĕлĕк пусмăрта пулнă халăхсем экономикăпа культура тĕлĕшĕнчен кая юлнине пĕтерчĕ, Совет Союзĕнчи пур нацисене пĕр тăванла çемьене пĕтĕçтерчĕ тата халăхсен туслăхне çирĕплетрĕ.

Пирĕн чи таса тивĕç—совет çĕршывĕнчи халăхсен пĕрлĕхĕпе туслăхне малалла тĕреклетсе пырасси, нумай нациллĕ Совет государствине тĕреклетсе пырасси пулать. Хамăр çĕршыври халăхсем туслă пурăннă чухне пирĕншĕн шалти тата тулашри нимĕнле тăшмансем те хăрушă мар.

Сталин юлташ тӳрремĕнех ертсе пынипе Совет Çарне туса çирĕплетнĕ, Сталин юлташ ертсе пынипе вăл ӳссе, тĕрекленсе пычĕ. Çĕршывăн оборона пултарулăхне тĕреклетессишĕн тата Совет çĕршывĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсене çирĕплетессишĕн Сталин юлташ ывăнма пĕлмесĕр тăрăшрĕ. Хăйĕн аслă полководецĕ—Генералиссимус Сталин ертсе пынипе Совет Çарĕ тĕнчери иккĕмĕш вăрçăра историллĕ çĕнтерӳ турĕ тата Европăпа Азири халăхсене фашистла чуралăх хăрушлăхĕнчен çăлса хăварчĕ.

Пирĕн чи таса тивĕç—Совет çĕршывĕн хăватлă Хĕçпăшаллă Вăйĕсене пур майсемпе те тĕреклетсе пырасси пулать. Пирĕн вĕсене кăшман кирек мĕнле тапăннине те аркатса тăкмаллах пырса çапма хатĕр тытса тăмалла.

Сталин юлташ ывăнма пĕлмесĕр ĕçленине пула, вăл туса хатĕрленĕ плансем тăрăх ĕçлесе, пирĕн парти ĕлĕк кая юлнă çĕршывран индустриллĕ-колхозлă хăватлă держава туса хучĕ, экономикăллă çĕнĕ строй, кризиссемпе ĕççĕрлĕхе пĕлмен строй туса хучĕ.

Пирĕн чи таса тивĕç—социализмлă Тăван çĕршыва малалла чечеклентерсе пырасси пулать. Пирĕн социализмла промышленноçа, хамăр çĕршывăн хăвачĕпе çирĕплĕхĕн тĕрекне, пур майсемпе те аталантарса пымалла. Пирĕн колхоз стройне пур майсемпе те тĕреклетсе пымалла, совет çĕршывĕнчи мĕнпур колхозсене малалла çĕклесе чечеклентерсе пымалла, рабочи класпа колхоз хресченĕсен союзне çирĕплетмелле.

Шалти политика тĕлĕшпе пирĕн тĕп ĕç—рабочисен, колхозниксен, интеллигенции, мĕнпур совет çыннисен материальнăй пурнăçне малалла пĕрмаях лайăхлатса пырасси пулать. Халăх ырлăхĕшĕн, унăн материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи тулли тивĕçтерсе пырассишĕн тимлĕн тăрăшасси пирĕн партипе правительствăшăн закон пулса тăрать.

Ленинпа Сталин обществăна урăхлатса çĕнетекен аслă вăй пулса тăракан пирĕн партие туса çитĕнтерчĕç, пиçĕхтерчĕç. Сталин юлташ хăйĕн пĕтĕм пурнăç тăршшĕпех Коммунистсен партийĕн членĕн ятĕнчен çӳлте тăраканни нимĕн те çук тесе вĕрентрĕ. Тăшмансемпе вăйлăн кĕрешсе, Сталин юлташ пирĕн парти ретĕсен пĕрлĕхне, çирĕплĕхне тата пĕтĕçӳлĕхне сыхласа хăварчĕ.

Пирĕн чи таса тивĕç—Коммунистсен аслă партине малашне те тĕреклетсе пырасси пулать. Пирĕн партин вăйĕпе никам çĕнтерейми хăвачĕ—унăн ретĕсен пĕрлĕхĕпе пĕтĕçӳлĕхĕнче ĕçпе ирĕк пĕрлĕхĕнче, парти членĕсем хăйсен ирĕкне парти ирĕкĕпе тата кăмăлĕпе пĕрлештерме пĕлнинче. Пирĕн партин вăйĕпе никам çĕнтерейми хăвачĕ—халăх массисемпе уйрăлми тачă çыхăнса тăнинче. Партипе халăх пĕрлĕхĕн никĕсĕ—парти халăх интересĕсемшĕн пĕр пăркаланмасăр ĕçлени пулать. Пирĕн парти пĕрлĕхне куç шăрçине сыхланă пекех сыхламалла, партипе халăх хушшинчи çирĕп çыхăнусене татах та ытларах тĕреклетсе пымалла, коммунистсемпе мĕнпур ĕççыннисене политика тĕлĕшпе питех те сыхă пулма, шалти тата тулашри тăшмансене хирĕç нимле килĕшмесĕр çирĕппĕн кĕрешме вĕрентсе ӳстермелле.

Аслă Сталин çул кăтартса пынипе мирпе демократин тата социализмăн хăватлă лагерьне туса хунă. Çак лагерьте тăванла тачă пĕтĕçсе, совет халăхĕпе пĕрле, аслă Китай халăхĕ, Польшăри, Чехословакири, Болгарири, Венгрири, Румынири, Албанири, Демократиллĕ Германи республикинчи, Монголи Халăх Республикинчи тăванла халăхсем малалла пыраççĕ. Паттăр Корея халăхĕ хаяр кĕрешӳре хăйĕн Тăван çĕршывĕн никама пăхăнманлăхне хӳтĕлесе тăрать. Вьетнам халăхĕ нациллĕ никама пăхăнманлăхшăн тата ирĕклĕхшĕн паттăррăн кĕрешет.

Пирĕн чи таса тивĕç—халăхсен аслă çĕнтерĕвне—мирпе демократи тата социализм лагерьне сыхласа усрасси тата тĕреклетесси, демократи лагерĕнчи çĕршывсен халăхĕсен туслăхĕпе пĕрлĕхне çирĕплетсе пырасси пулать. Пирĕн Совет Союзĕпе аслă Китай халăхĕ, халăх демократиллĕ мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисем хушшинчи тăванла, ĕмĕрлĕхе пыракан çирĕп туслăха пур майсемпе те тĕреклетсе пымалла.

Мĕнпур çĕршывсенчи халăхсем Сталин юлташ мир ялавне çĕклесе пыракан аслă çын пулнине пĕлсе тăраççĕ. Хăйĕн асларан та аслă гениллĕ вăйне Сталин юлташ мĕнпур çĕршывсенчи халăхсемшĕн мире сыхласа хăварас ĕçе пачĕ. Совет государствин тулашри политики—халăхсем хушшинчи мирпе туслăх политики—çĕнĕ вăрçа чĕртсе яма чаракан пысăк чăрмав пулса тăрать тата мĕнпур халăхсен пурнăç интересĕсемпе килĕшсе тăрать. Совет Союзĕ яланах мир ĕçне хӳтĕленĕ тата хӳтĕлет, мĕншĕн тесен унăн интересĕсене пĕтĕм тĕнчери мир ĕçĕнчен уйăрма çук. Совет Союзĕ мире сыхласа хăварас тата тĕреклетес çирĕп политикăна, çĕнĕ вăрçă хатĕрлесе чĕртсе янине хирĕç кĕрешес политикăна, тĕнчери халăхсем хушшинче килĕштерсе пурăнас тата мĕнпур çĕршывсемпе ĕçлĕ çыхăнусем тытассине аталантарас политикăна, икĕ тĕрлĕ система — капитализмла тата социализмла системăсем пĕрле нумай вăхăт хушши пурăнма тата мирлĕн ăмăртса ĕçлеме пултарасси çинчен калакан ленинла-сталинла положенирен тухса тăракан политикăна тытса пынă, тытса пырать те.

Аслă Сталин пире халăх интересĕсемшĕн вĕçĕ-хĕррисĕр парăнса ĕçлеме вĕрентсе çитĕнтерчĕ. Эпир халăхăн шанчăклă тарçисем, халăх вара миршĕн тăрать, вăрçа кураймасть. Миллионшар çынсен юнне юхтармалла мар тăвас тесе тата мирлĕн телейлĕ пурнăç туса пырас тесе халăх ĕмĕтленни пирĕншĕн пуриншĕн те чи таса тивĕç пулса тăтăр!

Тулашри политика тĕлĕшпе пирĕн тĕп ĕç—çĕнĕ вăрçă пулмалла мар тăвасси, пур çĕршывсемпе те мирлĕ пурăнасси пулать. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ, Совет Правительстви çапла шутлаççĕ: чи тĕрĕс, чи кирлĕ тата чи тӳрĕ тулашри политика вăл—мĕнпур халăхсем хушшинчи мир политики, пĕр-пĕрне шанса тăни çинче никĕсленсе тăракан, ĕçлĕ, фактсем çине таянакан тата фактсемпе çирĕплетсе паракан политика пулать. Правительствăсен хăйсен халăхĕсемшĕн тӳрĕ кăмăлпа ĕçлемелле, халăхсем вара миршĕн çунаççĕ, вăрçа ылханаççĕ. Халăхсене улталама шутлакан, халăхсем мире сыхласа хăварма тата çĕнĕ юнлă çапăçу пулмалла мар тума чи таса кăмăлпа тăрăшнине хирĕç каякан правительствăсем преступлени тăвакансем пулĕç. Коммунистсен партийĕ, Совет Правительстви халăхсем хушшинчи мир политики пĕртен-пĕр тĕрĕс, мĕнпур халăхсен пурнăç интересĕсене тивĕçтерекен политика пулса тăрать тесе шутлаççĕ.

Юлташсем! Пирĕн çулпуç тата учитель аслă Сталин пирĕнтен уйрăлса кайни мĕнпур совет çыннисене совет халăхĕ умĕнче тăракан питех те пысăк задачăсене пурнăçа кĕртес тесе харпăр хăйĕн вăйне темиçе хут ӳстерсе ĕçлеме, коммунизм обществи тăвас пĕрлехи ĕçшĕн нумайрах вăй хума, хамăрăн социализмла Тăван çĕршывăн хăвачĕпе оборона пултарулăхне тĕреклетсе пыма хушать.

Пирĕн хăватлă Тăван çĕршыв çĕнĕ çитĕнӳсем патне пынине Совет Союзĕнчи ĕççыннисем кураççĕ тата пĕлсе тăраççĕ. Пирĕн коммунизмла обществăна пĕтĕмпех туса çитерме мĕн кирли пурте пур.

Хăйĕн иксĕлми вăйĕсемпе майĕсене çирĕппĕн шанса тăрса, совет халăхĕ коммунизм строительствин аслă ĕçне туса пырать. Совет обществи коммунизм патнелле çĕнтерӳллĕн утса пырассине чарса лартма пултаракан вăйсем тĕнчере çук!

Ĕмĕрлĕхех сывпул, пирĕн учитель, çулпуç, пирĕн хаклă тус, тăван Сталин юлташ!

Ленинăн—Сталинăн аслă ĕçĕ пĕтĕмпех çĕнтересси патне—малалла!

### *Л. П. Берия юлташ сăмахĕ*

Хаклă юлташсем, туссем!

Çак кунсенче пирĕн парти, пирĕн çĕршыври халăхсем, прогрессивлă пĕтĕм этемлĕх тӳссе irttерекен питех те пысăк хурлăха сăмахпа каласа пама йывăр.

Ленинăн аслă соратникĕ унăн ĕçĕсене гениллĕ малалла туса пыраканĕ Сталин пирĕнпе çук. Совет çĕршывĕнчи мĕнпур çынсемшĕн, пĕтĕм тĕнчери миллионшар ĕççыннисемшĕн чи çывăх та тăван çын пирĕнтен уйрăлчĕ.

Аслă Сталинăн пĕтĕм пурнăçĕпе ĕçĕсем ленинизма парăнса тăнин хавхалантаракан тĕслĕхĕ, рабочи класпа мĕнпур ĕçхалăхĕшĕн, ĕççыннисене пусмăрпа эксплуатацирен хăтарас ĕçшĕн хăйне шеллемесĕр тăрăшса ĕçленин тĕслĕхĕ пулса тăраççĕ.

Аслă Ленин пирĕн партие туса çитĕнтернĕ, ăна пролетариллĕ революци çĕнтерĕвĕ патне илсе пынă.

Аслă Ленинпа пĕрле унăн гениллĕ соратникĕ Сталин большевиксен партине тĕреклетсе пычĕ тата тĕнчери социализмла пĕрремĕш государствăна туса çирĕплетсе пычĕ.

Ленин вилнĕ хыççăн Сталин вăтăр çула яхăн пирĕн партие тата çĕршыва Ленин çулĕпе илсе пычĕ. Сталин ленинизма нумай йышлă тăшмансенчен хӳтĕлесе хăварчĕ, историллĕ çĕнĕ условисенче Ленин вĕрентĕвне аталантарчĕ тата пуянлатрĕ. Аслă Сталин ăслăн ертсе пыни пирĕн халăха ССР Союзĕнче социализм туса çитерме тата Совет Союзне Аслă Отечественнăй вăрçăра пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ çĕнтерӳ тума май пачĕ. Коммунизмăн аслă зодчийĕ, гениллĕ çулпуç, пирĕн тăван Сталин пирĕн партие тата халăха коммунизм строительствин аслă программипе хĕçпăшаллантарчĕ.

Юлташсем! Пирĕн чĕре питĕ хытă ыратать, çухату питех те пысăк, анчах çак йывăрлăхра та Коммунистсен партийĕн хурçă пек çирĕп ирĕкĕ хуçăлас çук, унăн пĕрлĕхĕ тата коммунизмшăн кĕрешес ĕçри çирĕплĕхĕ хавшас çук.

Марксăн — Энгельсăн — Ленинăн — Сталинăн революциллĕ теорийĕпе хĕçпăшалланнă, рабочи класпа мĕнпур ĕççыннисен интересĕсемшĕн çур ĕмĕр хушши кĕрешсе пухнă опытпа ăсăланнă пирĕн парти коммунизмлă общество тăвас ĕçе мĕнле илсе пымаллине пĕлет.

Пирĕн партин Центральнăй Комитечĕ тата Совет Правительстви çĕршыва ертсе пырас ĕçре Ленинпа Сталинăн аслă шкулĕнче вĕренсе тухрĕç.

Граждан вăрçипе интервенци вут-хĕмĕнче, юхăнчăкпа тата выçлăхпа кĕрешнĕ йывăр çулсенче, çĕршыва индустриализацилессишĕн тата ялхуçалăхне коллективизацилессишĕн пынă кĕрешӳре, Аслă Отечественнăй вăрçăн йывăр çулĕсенче, пирĕн Тăван çĕршывăн кун-çулĕ тата пĕтĕм этемлĕхĕн кун-çулĕ мĕнле пулассине татса панă вăхăтра, партин Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви, совет халăхĕн паттăрла кĕрешĕвне пуçарса ертсе пырса, партипе çĕршыва ертсе пырас ĕçĕн питех те пысăк опытне туянчĕç.

Çавăнпа та Совет Союзĕнчи халăхсем Коммунистсен партине, унăн Центральнăй Комитетне тата хăйсен Совет Правительствине малашне те пĕтĕмпех шанса тăма пултараççĕ.

Совет государствин тăшманĕсем эпир йывăр çухату тӳснĕ пирки пирĕн ретре йĕркесĕрлĕхсем тата шикленсе ӳкесси пулĕ тесе шутлаççĕ.

Анчах вĕсем шутлани кăлăхах пулĕ: вĕсен хытă кӳренмелле пулĕ.

Кам суккăр мар, вăл çакна курать: пирĕн парти хăйĕншĕн йывăр кунсенче хăйĕн ретĕсене тата тачăрах пĕтĕçтерет, вăл пĕрлĕхлĕ те çирĕп.

Кам суккăр мар, вăл çакна курать: çак хурлăхлă кунсенче Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсем аслă вырăс халăхĕпе тăванла пĕрлĕхлĕ пулса Совет Правительствипе Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçрĕç.

Совет халăхĕ Совет государствин шалти политикине те, тулашри политикине те пĕр шухăшлă пулса ырласа йышăнать.

Пирĕн шалти политика рабочи класпа колхоз хресченĕсен çирĕп союзĕ çинче, пирĕн çĕршыври халăхсем хушшинчи тăванла туслăх çинче, нумай нациллĕ пĕрлĕхлĕ аслă государство—Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн системинчи мĕнпур нациллĕ советлă республикăсен çирĕп пĕрлешĕвĕ çинче никĕсленсе тăрать. Çак политика пирĕн государствăн экономикăпа çар хăватне малалла тĕреклетме, халăх хуçалăхне малалла аталантарма тата мĕнпур совет обществин ӳссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене ытларах тивĕçтерме тăрăшать.

Пирĕн çĕршыври рабочисем, колхоз хресченĕсем, интеллигенци, Совет Правительстви вĕсен Сталинла Конституцире çырса хунă прависене тăрăшса тата ывăнма пĕлмесĕр сыхласа тăрассине пĕлсе, лăпкăн та шанчăклăн ĕçлеме пултараççĕ.

Пирĕн тулашри политика уçăмлă та ăнланмалла. Совет влаçĕн малтанхи кунĕсенчен пуçласах Ленин Совет государствин тулашри политикине мир политики тесе палăртнă.

Çак мир политикине Ленин ĕçне ăслăн малалла туса пыракан пирĕн аслă çулпуç Сталин пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пынă.

Совет Правительствин тулашри политики малашне те мире сыхласа тăмалли тата тĕреклетмелли, çĕнĕ вăрçа хатĕрлессине тата вăрçă чĕртсе ярассине хирĕç кĕрешмелли ленинла-сталинла политика, халăхсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлемелли тата пĕр-пĕрне ĕненни тăрăх мĕнпур çĕршывсемпе тытакан ĕçлĕ çыхăнусене аталантармалли политика пулса тăрать.

(Юлашки 2-мĕш страницăра).

# ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН

## Л. П. Берия юлташ сăмахĕ

(Юлашки. Пуçламăшĕ 1-мĕш страницăра).

Совет Правительстви аслă Китай Халăх Республикипе, мĕнпур халăх демократи çĕршывĕсемпе тата Демократиллĕ Германи Республикипе тытакан тăванла союзпа туслăха, пĕтĕм тĕнчери мир ĕçĕшĕн пыракан пĕтĕмĕшлĕ кĕрешӳре пĕр-пĕрине килĕшӳллĕ пулассине, экономикăпа культура тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕрине анлăн килĕштерсе ĕçлессине тата ытларах тĕреклетĕ.

Пирĕн чикĕ леш енчи тăвансемпе туссем çакна шанса тăма пултараççĕ: Коммунистсен партийĕпе Совет Союзĕнчи халăхсем пролетариллĕ интернационализм ялавне, Ленин—Сталин ялавне тӳррĕн тытса пырса малашне те капитализмлă тата колониллĕ çĕршывсенчи мирпе демократи тата социализм ĕçĕшĕн кĕрешекен ĕçсыннисемпе тытакан туслă çыхăнусене тĕреклетсе тата аталантарса пырĕç.

Пирĕн халăха хăйĕн никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешекен паттăр Корея халăхĕпе чĕререн тухакан туслăх туйăмĕсем пĕрлештереççĕ.

Пирĕн аслă çулпуссем Ленинпа Сталин пире Совет государствин тăшманĕсен каварлă ĕçĕсене курса тăма партипе халăх сыхăлăхне ывăнма пĕлмесĕр ӳстерсе тата çивĕчлетсе пыма вĕрентнĕ.

Халĕ пирĕн хамăр сыхăлăха тата ытларах вăйлатмалла.

Совет государствин тăшманĕсем пирĕн пата кĕтмен çĕртен килсе тухма пултарасси çинчен никам та ан шухăшлатăр.

Советлă Тăван çĕршыва хӳтĕлеме пирĕн чаплă Хĕçпăшаллă Вăйсем ку чухнехи мĕнпур йышши хĕçпăшалпа хĕçпăшалланнă. Пирĕн Аслă Отечественнăй вăрçă опычĕпе пуянланнă салтаксемпе матроссем, офицерсемпе генералсем пирĕн çĕршыв çине тапăнма хăякан кирек мĕнле агрессора та кирлĕ пек кĕтсе илме пултарĕç.

Пирĕн государствăн вăйĕпе çирĕплĕхĕ унăн çапăçусенче писĕхнĕ тата мухтава тухнă Çарĕ пурринче кăна мар.

Совет государствин хăвачĕ совет халăхĕн пĕрлĕхĕнче, халăх Коммунистсен партине—совет обществине ертсе пыракан вăя шанса тăнинче, халăх хăйĕн Совет Правительствине шанса тăнинче пулса тăрать. Халăх çакăн пек шаннине Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви пысăка хурса хаклаççĕ.

Пирĕн партин Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата Верховнăй Совет Президиумĕ çĕршывăн пĕтĕм пурнăçне нимĕнле чăрмавсăр тата тĕрĕс ертсе пымалла тăвас тĕлĕшпе питех те кирлĕ решенисем йышăнасси çинчен кăларнă постановление совет халăхĕ пĕр шухăшкăмăллă пулса ырласа кĕтсе илчĕ.

Çав чи кирлĕ решенисенчен пĕри вăл ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма Ленинăн талантлă ученикне тата Сталинăн шанчăклă соратникне Георгий Максимилианович Маленкова уйăрса лартни пулса тăрать.

Пирĕн çĕршыври партипе государствăн аслă органĕсем йышăннă решенисем партипе государство руководстви пĕрлĕхлĕ пулнине тата тачă пĕтĕçсе тăнине яррусăн кăтартса пачĕç.

Çĕршыв руководствинчи çак пĕрлĕхпе пĕтĕçӳлĕх шалтипе тулашри политика, пирĕн партипе Правительство, Ленин тата Сталин ертсе пынипе, нумай çулсем хушшинче хатĕрленĕ политика ăнăçлăн пурнăçланса пырассине шантарса тăраççĕ.

Сталин, Ленин пекех, пирĕн партипе çĕршыв валли пысăк пуянлăх хăваласа хăварчĕ, ăна куç шăрçине сыхланă пекех сыхламалла тата ăна ывăнма пĕлмесĕр нумайлатса пымалла.

Аслă Сталин çапăçусенче тĕрĕсленĕ руководительсен, ертсе пырас ĕçĕн ленинла-сталинла ăсталăхне вĕренсе çитнĕ руководительсен ушкăнне вĕрентсе ӳстерчĕ тата хăй тавра пĕтĕçтерчĕ, вĕсен Ленин пуçарнă тата Сталин малалла ăнăçлăн туса пынă аслă ĕçе çĕнтерӳллĕн вĕçне çитерес историллĕ ответлăха хăйсем çине илмелле пулчĕ.

Пирĕн çĕршыври халăхсем çакна шанса тăма пултараççĕ: парти речĕсен тата унăн руководствин хурçă пек çирĕп пĕрлĕхне сыхласа усрама, Совет Союзĕнчи халăхсен çирĕп туслăхне тĕреклетме, Совет государствин хăватне тĕреклетме, марксизмленинизм идейисене парăнса тăрассине çирĕп сыхлама тата, Ленинпа Сталин хушса хăварнă тăрăх ĕçлесе, социализм çĕршывне коммунизм патне илсе пыма Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Правительство хăйсен вăйĕсене тата пурнăçне шеллесе тăмĕç.

Хамăрăн юратнă, хаклă çулпуçăмăрпа учителĕмĕре—Аслă Сталина ĕмĕр-ĕмĕр мухтав!

## И. В. СТАЛИНА пытарни

Мартăн 9-мĕшĕнче совет халăхĕ, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх Ленин соратникне, унăн ĕçне гениллĕ малалла туса пынă аслă çулпуçĕпе учителе Иосиф Виссарионович Сталина юлашки çула ăсатрĕç. Виçĕ кун хушши пĕр вĕçĕмсĕр СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕн ӳтне хунă тупăка вырнаçтарса лартнă Союзсен Çуртĕн Колоннăллă залне вĕçĕхĕррисĕр халăх пырса тăчĕ. Пирĕн Тăван çĕршыври ĕçсыннисем халăха телей туса панă Сталин юлташа вĕçĕмсĕр юратнине, вĕсем йывăр çухату пирки чĕререн хурланнине нимĕнпе те виçсе пама çук. Çак виçĕ кун хушшинче çулпуç тупăкĕ умĕнчен, Ленин—Сталинăн таса ялавне тĕрĕс тытса пыма тупа туса, çĕршер пин çын иртрĕ.

Мартăн 9-мĕшĕнчи ир. Сывпуллашмалли юлашки сехетсем çитнĕ... Вĕçĕмсĕр траурлă кĕвĕсен сасси илтĕнсе тăрать. Çулпуç тупăкĕ умĕнче унăн тăванĕсемпе сывăх çыннисем, столицăри партипе совет активĕ, министрсем, урăх çĕршывсенчи коммунистсемпе рабочисен тăванла партисен руководителĕсем юлаççĕ. Залра çавăн пекех И. В. Сталина пытарнă çĕрте пулма урăх çĕршывсенчен килнĕ правительство делегацийĕсем, посольствăсемпе миссисен пуçлăхĕсем пулнă. Вĕсене хăйсен правительствисем И. В. Сталина пытарнă çĕрте пулма хушнă. Хисеплĕ хурал кашни икĕ-виçĕ минутра улшăнса тăрать.

Ирхине 10 сехет. Тупăк умне аслă Сталинăн шанчăклă ученикĕсемпе соратникĕсем—Коммунистсен партийĕпе Совет Правительствин руководителĕсем тăраççĕ. Çулпуçпа сывпуллашмалли юлашки минутсем çитнĕ.

Вунă сехет те пилĕк минутра Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов, К. Е. Ворошилов, Н. С. Хрущев, Н. А. Булганин, Л. М. Каганович, А. И. Микоян Иосиф Виссарионович Сталин ӳтне хунă тупăка тирпейлĕн тытса çĕклеççĕ те майĕпен утса залран тухма пуçлаççĕ.

Союзсен Çуртĕнчен чечек кăшăлĕсене илсе тухаççĕ. Совет Союзĕн Маршалĕсем, генералсем хĕрлĕ атлассенчен çĕлесе тунă пĕчĕк минтерсем çинче Иосиф Виссарионович Сталинăн орденĕсемпе медалĕсене çĕклесе пыраççĕ.

Охотнăй рядпа Манеж площачĕ тăрăх çар эскорчĕ тăрса тухнă.

И. В. Сталин юлташăн ӳтне хунă тупăка артиллери лафечĕ çине вырнаçтарса лартаççĕ. Тупăк витти çинче Совет Союзĕн Генералиссимусĕн картусĕ.

Тупăк хыççăн И. В. Сталин çемйин членĕсем, çулпуçăн çывăх соратникĕсем, партипе Совет Правительствин руководителĕсем, Совет Çарĕн маршалĕсемпе генералĕсем, урăх çĕршывсенчи государствăсемпе правительствăсен пуçлăхĕсем—правительство делегацийĕсен пуçлăхĕсем, çавăн пекех тата хăйсен правительствисенчен Иосиф Виссарионович Сталина пытарнă çĕрте пулма полномочи илнĕ дипломатиллĕ представительствăсен пуçлăхĕсем, урăх çĕршывсен тата ытти представителĕсем пыраççĕ.

Траурлă колонна хуллен Хĕрлĕ площадь патнелле пырать, траурлă марш кĕвви илтĕнет.

Хĕрлĕ площадĕ Мускав хулинчи ĕçсыннисен представителĕсем, союзлă республикăсемпе автономиллĕ республикăсен, крайсемпе облаçсен делегацийĕсем пухăнса тăнă. Кунтах аслă Китай халăхĕн, халăх демократи çĕршывĕсен представителĕсем, ытти çĕршывсен делегацийĕсемпе представителĕсем.

Трибуна çинче—дипломати корпусĕ.

Мускав гарнизонĕн йĕркеллĕн вырнаçнă çар чаçĕсем шăп тăраççĕ.

10 сехет те 45 минут. Траурлă кортеж Мавзолей умĕнче чарăнать. Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче мĕнпур вăхăтсенчи тата мĕнпур халăхсен аслăран та аслă полководецĕ И. В. Сталин юлташ ертсе пынипе мухтава тухнă Совет Çарĕн боевой ялавĕсене тайăлтараççĕ.

Тупăка лафет çинчен антараççĕ те хĕрлĕ тата хура пуставпа витнĕ çӳлĕ постамент çине вырнаçтарса лартаççĕ.

Партипе Совет Правительствин руководителĕсем, урăх çĕршывсенчи государствăсемпе правительствăсен пуçлăхĕсем—правительство делегацийĕсен пуçлăхĕсем, çавăн пекех тата хăйсен правительствисенчен Иосиф Виссарионович Сталина пытарнă çĕрте пулма полномочи илнĕ дипломатиллĕ представительствăсен пуçлăхĕсем, урăх çĕршывсенчи коммунистсемпе рабочисен тăванла партийĕсен руководителĕсем Мавзолей трибуни çине хăпараççĕ.

10 сехет те 52 минут. Иосиф Виссарионовича Сталина пытарассине организацилеме уйăрнă Комисси председателĕ Н. С. Хрущев юлташ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ хушнипе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ, Совет Союзĕн Генералиссимусĕ Иосиф Виссарионович Сталин ятне асăнмалли траурлă митинг уçălни çинчен пĕлтерет.

Председатель чи малтан СССР Министрĕсен Совечĕн Председательне тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарьне Георгий Максимилианович Маленков юлташа сăмах парать.

Ун хыççăн СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕ Лаврентий Павлович Берия юлташ сăмах калать.

Вара СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕ Вячеслав Михайлович Молотов сăмах калать.

11 сехет те 54 минут. Н. С. Хрущев юлташ СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Генералиссимус Иосиф Виссарионович Сталин ятне асăнмалли траурлă митинг хупăннă, тесе пĕлтерет.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Совет Правительствин руководителĕсем, урăх çĕршывсенчи коммунистсемпе рабочисен тăванла партийĕсен руководителĕсем Мавзолей трибуни çинчен анаççĕ. Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов, К. Е. Ворошилов, Н. С. Хрущев, Н. А. Булганин, Л. М. Каганович, А. И. Микоян юлташсем тупăка çĕклеççĕ те ăна майĕпен Мавзолее илсе кĕреççĕ. Мавзолее кĕнĕ çĕрте пирĕншĕн вĕçĕмсĕр хаклă икĕ вилĕмсĕр çын ятне çырса хунă:

ЛЕНИН
СТАЛИН

Вăтăр хутчен артиллери залпĕ кĕрлесе каять... Кремлĕн Спасски башни çинчи сехет вуниккĕ çапать. Мускавра, пĕтĕм Совет çĕршывĕнче виçĕ минут хушши фабрикăсен, заводсен, пăравуссен, пăрахутсен гудокĕсем хурлăхлăн кăшкăртаççĕ... Тăван çĕршыв халăхсен аслă ашшĕпе учительне салют парать. Пур çĕрте те, Балтий тинĕсĕн çыранĕсенчен пуçласа Курильски утравсем таран, пĕтĕм Совет çĕрĕ çинче мĕнпур предприятисенче ĕç пилĕк минутлăха чарăнать, поездсем çул çинче чарăнса тăраççĕ, пăрахутсем, автомобильсем çӳреме чарăнаççĕ... Çĕршыв пысăк çухату пирки чĕререн хурланать. Анчах Сталин ячĕ, Сталин ĕçĕ—вилĕмсĕр. Сталин халăх чĕринче, вăл коммунизмшăн кĕрешнинче ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕ.

Траурлă кĕвĕсем вырăнне Совет Союзĕн Государство Гимнĕн хăватлă сассисем янăраса каяççĕ.

Партипе правительство руководителĕсем каллех Мавзолей трибуни çине хăпараççĕ. Мавзолей умĕнчен, пĕр харăс утса, çарсем иртсе пыраççĕ, çӳлте, пĕлĕтре питĕ йĕркеллĕн самолетсем вĕçсе иртеççĕ. Çар аслă çулпуçпа полководеца Иосиф Виссарионович Сталина чыс тăвать.

(ТАСС).

## В. М. Молотов юлташ сăмахĕ

Хаклă юлташсемпе туссем!

Çак кунсенче пирĕншĕн пуриншĕн те йывăр хурлăх пулчĕ — Иосиф Виссарионович Сталин вилсе кайрĕ, эпир аслă çулпуçăмăра, пирĕншĕн çывăх та тăван, вĕçĕмсĕр хаклă çынна çухатрăмăр. Эпир те, унăн вăтă çывăх тусĕсем, тата миллионшар-миллионшар совет çыннисем те, çавăн пекех мĕнпур çĕршывсенчи, пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисем те паян Сталин юлташпа сывпуллашатпăр,—ăна эпир пурте чунтан-чĕререн юратса пурăнтăмăр, вăл пирĕн чĕрере яланах пурăнĕ.

Сталин юлташ хăйне Ленин ученикĕ тесе калатчĕ. Вăл унпа пĕрле пирĕн Коммунистсен аслă партине туса çирĕплетнĕ, унпа пĕрле вăл хамăр çĕршывра царизма тата капитализма хирĕç, помещиксемпе капиталистсен пусмăрне сирпĕтсе антарасшăн халăхăн революциллĕ кĕрешĕвне ертсе пынă; унпа пĕрле вăл пирĕн Советла социализмла государствăна туса çирĕплетнĕ, унпа пĕрле вăл пысăк тата пĕчĕк халăхсен пирĕн куç умĕнче ӳссе пыракан тăванла туслăхĕпе пĕрлешĕвĕн никĕсне хывнă. Сталин—Ленинăн аслă ĕçне малалла туса пыракан аслă çын.

Сталин юлташ çул кăтартса пынă Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, совет халăхĕ хамăр çĕршывра социализм туса çитерчĕ, совет халăхĕн материальнăй пурнăçĕпе культурăллă шайне пĕрмаях çĕклентерсе пымалли аслă программăна пурнăçа кĕртес ĕçе сарса ячĕ; тĕнчери иккĕмĕш вăрçăра фашизма çĕнтерсе пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ çĕнтерӳ турĕ, çавăнпа ССР Союзĕн тулашри тăшманĕсене татăклăн вăйсăрлатрĕ; Совет Союзне тĕнчере пĕчченех юлнă лару-тăруран тухма май пачĕ, 800 миллион çын пурăнакан мире юратакан государствăсен никам çĕнтерейми лагерьне туса хучĕ; пирĕн çĕршывра коммунизм обществи тума çутă малашлăх уçса пачĕ, çак обществăн никĕсĕ—ирĕклĕ ĕç, çынсен чăн-чăн пĕртанлăхĕпе тăванлăхĕ.

Эпир юлашки вăтăр çул хушшинче Сталин юлташ ертсе пынипе ĕçлесе пурăнтăмăр, çакăнпа тивĕçлипе мухтанма пултаратпăр. Пире Ленинпа Сталин вĕрентсе çитĕнтернĕ. Эпир — Ленинпа Сталин ученикĕсем. Эпир Сталин пире юлашки кунччевех мĕн вĕрентнине яланах асра тытăпăр, мĕншĕн тесен эпир Ленинăн шанчăклă та тивĕçлĕ ученикĕсем тата вăл кăтартса панă çулпа пыраканнисем, Сталинăн шанчăклă та тивĕçлĕ ученикĕсем тата вăл кăтартса панă çулпа пыраканисем пулас тетпĕр.

Сталин юлташăн пурнăçне коммунизмшăн кĕрешекен вăйлă та хăватлă халăх борецĕн идейисем хĕвел пек çутатса тăнă,—унăн пĕтĕм пурнăçĕ—пире чĕрĕ вăй паракан ырă тĕслĕх.

Сталин халăх хушшинчен тухнă, вăл яланах халăхпа, рабочи класпа, ĕçхресченĕсемпе тачă çыхăнса тăнă, хăйĕн пĕтĕм хăватлă вăйне, хăйĕн пĕтĕм аслă генине халăха панă. Сталин çамрăк чухнех хăйĕн çутă ĕçне пирĕн вăхăтра халăх коммунизмшăн кĕрешмелли çулпа пырсан кăна телейлĕ пурнăç патне çитсессĕн çул тупма пултарнине курнă та тĕплĕн ăнланса илнĕ. Çакă унăн пурнăçĕн кунçулне палăртса панă. Сталин хăйне, хăйĕн пĕтĕм пурнăçне пĕтĕмпех коммунизмшăн кĕрешме, ĕçсыннисен телейĕшĕн, халăх телейĕшĕн паттăррăн кĕрешме панă.

Сталин яланах коммунист-революционер пулса рабочисен массисем хушшинчи кулленхи çăмăл мар ĕçе туса пынă вăхăтрах марксизм теорине тĕплĕн вĕренсе пыма пĕлнĕ.

Çакăн пек пулнă вăл çамрăк чухне Тбилисире, Бакура. Çакăн пек пулнă вăл вырăссен революцийĕн тăвăллă çулĕсенче тата патша реакцин йывăр çулĕсенче, ун чухне вăл яланах, хăй пĕрмаях репрессисем тӳснĕ пулсан та, ăна тĕрмесемпе ссылкăсенче хĕсĕрленĕ пулсан та, Петербургри рабочисемпе çирĕп çыхăну тытнă.

Сталин юлташăн хăватлă пултарулăхĕ, вăл пирĕн партипе Совет государствин никампа танлаштарма çук пысăк организаторĕ тата марксизм-ленинизмăн гениллĕ теоретикĕ пулни, революципе социализм строительстви çулĕсенче туллин палăрса аталанчĕç.

Çак çулсенче пирĕн парти ӳссе çитĕнчĕ, çĕкленчĕ, пирĕн çĕршыври социализмлă революцин ертсе пыракан аслă вăйĕ пулса тăчĕ тата пĕтĕм тĕнчери рабочи движенире ертсе пыракан вырăн йышăнчĕ. Çак çулсенче нумай нациллĕ Совет государстви, халăхсен туслăхĕпе тăванла килĕштерсе ĕçленин пурнăçа кĕнĕ ырă тĕслĕхĕ пулса,—çак çулсенче пирĕн государство, рабочи класпа колхоз хресченĕсем çине таянса, çĕнтерӳ тунă социализмăн государстви пулса тĕреклнчĕ, коммунизм обществи тумалли çул çине тăчĕ. Çак пĕтĕм ĕçе ертсе пырас ĕçре, пирĕн партипе Совет государствин мĕнпур вăйĕсене аталантарас ĕçре Сталин юлташ улăпла пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Сталин юлташ çак мĕнпур çулсем хушшинче ССР Союзĕнче социализм тăвас ĕçе куллен ертсе пычĕ. Кунпа пĕрлех вăл хамăр çĕршыври коммунизм строительствин теориллĕ проблемисем енĕпе тата пĕтĕм тĕнче аталанăвĕн проблемисем енĕпе те ялан ĕçлерĕ. ССР Союзĕ малалла аталанса пымалли çул-йĕре, хальхи вăхăтри условисенче социализм тата капитализм аталанăвĕн законĕсене марксизм-ленинизм наукин çуттипе çутатса пачĕ. Вăл пирĕн партие тата пĕтĕм совет халăхне марксизм-ленинизм наукин пысăк открытийĕсемпе хĕçпăшаллантарчĕ, çаксем эпир нумай çул хушши малалла каймалли, коммунизм çĕнтерĕвĕ патне çитмелли çула çутатса тăраççĕ.

Хĕрлĕ Çар вăйĕсене туса организацилессине тата граждан вăрçи çулĕсенче ĕçе татса паракан фронтсенче Хĕрлĕ Çарăн мухтавлă боевой ĕçĕсене Сталин хăй ертсе пынă. Сталин, Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче Верховнăй Главнокомандующи пулса, пирĕн çĕршыва фашизма çĕнтерессин патне илсе çитерчĕ, ку вăл Европăри тата Азири лару-тăрăва тĕпрен улăштарчĕ.

Сталин кăтартса панă çулпа яланах шанчăклăн пыракан тивĕçлĕ çынсем пулас тени вăл çакна пĕлтерет: Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флотне тĕреклетмеллине яланах асра тытса, вĕсене тĕреклетессишĕн çине тăрса тăрăшмалла, пирĕн çĕршыв çине агрессор мĕнле те пулин тапăннине хирĕç тăма Совет Хĕçпăшаллă Вăйĕсене кирлĕ пек хатĕр тытмалла. Сталин кăтартса панă çулпа яланах шанчăклăн пыракан тивĕçлĕ çынсем пулас тени вăл тата çакна пĕлтерет: сыхă пулмалла; пирĕн тăшмансен, империализмла агрессиллĕ государствăсен агенчĕсен пур тĕрлĕ ирсĕр ĕçĕсене хирĕç кĕрешес ĕçре çирĕп пулмалла.

Пирĕн Совет государствин нимĕнле агрессиллĕ тĕллев те çук, вăл ытти государствăсен ĕçне хутшăнмасть. Пирĕн тулашри политика мире юратакан сталинла политика пулнине пĕтĕм тĕнчере пĕлеççĕ, вăл халăхсем хушшинче мире хӳтĕлес политика пулса тăрать, мире сыхласа хăварас тата тĕреклетес, çĕнĕ вăрçă хатĕрленине тата ăна пуçарса яма тăрăшнине хирĕç кĕрешес политика, тĕнчери халăхсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесе пурăнмалла тăвас, хăйсем ĕçлĕ çыхăну тытма тăрăшакан мĕнпур çĕршывсемпе ĕçлĕ çыхăну тытмалла тăвас политика пулса тăрать. Çакăн пек тулашри политика совет халăхĕн тĕп интересĕсемпе, кунпа пĕрлех мире юратакан ытти мĕнпур халăхсен интересĕсемпе килĕшсе тăрать.

Пирĕн çĕршывра советлă йĕрке никĕсĕ çинче нумай нациллĕ государство туса хунă, вăл хăйĕн çирĕплĕхĕпе, материальнăй хăвачĕ тăтăшах ӳссе пынипе тата халăхсен культури ӳснипе палăрса тăрать, кун пек тĕслĕх историре халиччен пулман. Çак пĕтĕм ĕçре тата, пуринчен малтан, пирĕн çĕршыври халăхсем хушшинче çĕнĕ, туслă çыхăнусене вăйлатас ĕçре Сталин юлташăн ролĕ уйрăмах питĕ пысăк. Сталин пирĕн нумай нациллĕ государствăна аталантарас ĕçе нумай çул хушши ертсе пычĕ кăна мар, вăл тата нациллĕ-колониллĕ ыйтăвăн хальхи вăхăтри питĕ пысăк проблемисене теори енĕпе çутатса пачĕ, ку енĕпе те марксизм-ленинизм наукин никĕсĕсене аталантарма пулăшрĕ.

Хальхи условисенче, уйрăмах халăх демократиллĕ государствăсем пулса тăнă май тата колонисемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенче наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан движени ӳснĕ май, çаксем пурте пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăраççĕ. Пролетариллĕ интернационализмăн принципĕсемшĕн çирĕппĕн тăрса, ССР Союзĕнчи халăхсем аслă Китай халăхĕпе, халăх демократиллĕ мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисемпе тăванла туслă пурăнассине, капитализмлă çĕршывсемпе колониллĕ çĕршывсенчи мир ĕçĕшĕн, демократишĕн, социализмшăн кĕрешекен ĕçсыннисемпе туслă çыхăнăва аталантарса, тĕреклетсе пыраççĕ.

Хаклă юлташсем, туссем!

Çак хурлăхлă кунсенче эпир пурте Коммунистсен партийĕ, унăн хурçă пек çирĕп пĕрлĕхĕ, вăл ĕçсынни массисемпе уйрăлми тачă çыхăнса тăни совет халăхĕшĕн питĕ хăватлă та çирĕп, шанчăклă тĕрек пулнине уйрăмах лайăх куратпăр тата пĕрмаях туйса тăратпăр. Пирĕн парти, Аслă Сталин хушса хăварнисене пурнăçласа, пире хамăр çĕршывра коммунизм тăвас аслă ĕçшĕн малашне кĕрешмелли çула уççăн кăтартса парать. Пирĕн хамăр партин Центральнăй Комитечĕ тавра, Совет Правительстви тавра тата тачăрах, тата çирĕпрех пĕтĕçмелле.

Сталинăн вилĕмсĕр ячĕ пирĕн чĕресенче, совет халăхĕн тата пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн чĕринче яланах пурăнĕ. Вăл пирĕн халăхăн тата пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен ырлăхĕпе телейĕшĕн аслă ĕçсем туса мухтава тухни ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕ!

Сывă пултăр Марксăн—Энгельсăн — Ленинăн—Сталинăн пурне те çĕнтерекен аслă вĕрентĕвĕ!

Сывă пулччăр пирĕн социализмлă хăватлă Тăван çĕршыв, пирĕн паттăр совет халăхĕ!

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен аслă партийĕ!

## Аслă çулпус тупăкĕ умĕнче

Виççĕмĕш талăк ĕнтĕ кунĕн-çĕрĕн Союзсен Çуртĕн Колоннăллă залне вĕçĕмсĕр халăх пырса тăрать. Тупăк умĕнчен Мускав çыннисем кăна мар, пĕтĕм советлă Тăван çĕршыв, мĕнпур крайсемпе облаçсен тата республикăсен представителĕсем иртеççĕ. Мускава мĕнпур совет халăхĕсен представителĕсем, вĕçĕ-хĕррисĕр анлă социализмлă çĕршывăн мĕнпур кĕтессисенчен халăх уйăрса янă çынсем халăха телей туса панă çулпуçа юлашки хут чыс тума, хисеп тума килсе çитнĕ. Кашни делегаци чечек кăшăлĕ илсе пырать. Чечек кăшăлĕсем халех ĕнтĕ вĕçĕмсĕр нумай. Вĕсене Колоннăллă залра кăна мар, Союзсен Çуртĕн ытти пӳлĕмĕсенче те хума вырăн çук. Вĕсене халĕ Министрсен Совечĕн çуртĕ айккине Горький урамĕ таран вырнаçтарса тухнă. Чечек кăшăлĕсене Истори музейĕ тавра лартса тухнă...

Хисеплĕ хурал час-часрах улшăнма пуçланă. Хисеплĕ хурал кашни 2—3 минутран улшăнса тăрать. Хисеплĕ хуралта тăрса Сталин юлташа юлашки хут чыс тума килнĕ çынсем нумай, питех те нумай.

Виççĕмĕш талăк пуçламăшĕнче çулпуç тупăкĕ умĕнче хисеплĕ вахтăра Украина халăхĕн представителĕсем — Донбаспа Кривой Рог горнякĕсем, Днепропетровск металлургĕсем, Киев, Краматорск, Харьков машиностроителĕсем, сахăр кăшманĕ акса тăвакан паллă колхозниксем, ял хуçалăх механизаторĕсем, республика руководителĕсем, писательсем, искусство мастерĕсем, Совет Çарĕн воинĕсем тăраççĕ. Советлă Украина халăхĕ хăйне телей панă аслă гение хисеп тăвать.

Тупăк умĕнчен сталинградецсем—геройхула, коммунизмăн сталинла аслă стройкисен хули уйăрса янă çынсем иртсе пыраççĕ. Атăл çинчи çак хула патĕнче аслă çулпуç ертсе пынипе пирĕн Тăван çĕршывăн ылханлă тăшманĕсене икĕ хутчен çапса аркатнă. Çакăнта тăшмана çĕмĕрсе тăкнă хыççăн нимĕçсен фашистла çарĕ каялла чакма пуçларĕ, унăн вăйĕ сӳнме пуçларĕ. Çулпуçпа сывпуллашма Сталинградри çамрăк строительсем те, икĕ вăрçăра Сталин юлташ ертсе пынипе хулана хӳтĕлесе хăварнă ватă рабочисем те килнĕ. Вĕсем: Сталинград коммунизм строительствин крепоçĕсенчен пĕри пулнă, халĕ те çапла, малашне те çаплах пулать, тесе калама килнĕ.

Акă Кузнецк бассейнĕнче—сталинла Кузбасра ĕçлекен шахтерсен делегацийĕ. Кузнецк бассейнне çулпуçăн гениллĕ шухăшĕсене пурнăçласа тунă.

Çĕпĕр делегацийĕсем хыççăн Бакуран тин кăна килсе çитнĕ Азербайджан халăхĕн представителĕсем килсе кĕреççĕ. 45 çул каялла, хура реакцин тĕттĕм каçĕ тăнă кунсенче, хăйне Сталин юлташ пĕтĕçтернĕшĕн, çĕклентерсе рабочи класс ĕçĕшĕн кĕрешĕве илсе тухнăшăн Баку пролетариачĕ тивĕçлипе мухтанать. Ун чухнех аслă çулпуç Азербайджанри парти организацине—пирĕн партин ватă отрячĕсенчен пĕрине туса хурса çитĕнтернĕ.

Ригăран, Вильнюсран, Таллинран, Балтий тинĕсĕ тăрăхĕнчи Советлă республикăсенчи халăхсен представителĕсем килсе çитнĕ. Вĕсем хăйсемпе пĕрле чĕрĕ чечексенчен çыхса тунă чечек кăшăлĕсем илсе килнĕ, вĕсем çĕнĕ пурнăç телейне тупса панă çынна ывăлĕ ашшĕне юратнă пек юрату илсе килнĕ.

Çулпуç тупăкĕ умĕнчен шăппăн, чĕререн хурланса индустриллĕ Урал представителĕсем—Свердловск, Молотов, Челябинск облаçĕсенчи ĕçсыннисен делегацийĕсем иртеççĕ. Совет халăхĕ Урал ĕçсыннисем Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнчи хаяр çулсенче хăйсен çыравĕсенче çулпуçа тупа туса каланă сăмахсене халĕ те астăваççĕ. Ун чухне вĕсем Ленинпа Сталин пăхса çитĕнтернĕ çынсене тивĕçлĕ пултарулăхпа хăйсем тупа туса каланă сăмаха пурнăçларĕç, хăйсен крайне Совет Çарĕн хăватлă арсеналĕ туса хучĕç.

Çак хурлăхлă кунсенче Уралти ĕçсыннисем хăйсен митингĕсенче, пĕтĕм совет çыннисем пекех, Партипе Правительство чĕнсе калanине ответлесе, хăйсен речĕсене парти тавра, унăн ленинла-сталинла Центральнăй Комитечĕ тавра, Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçтерме, пирĕн çĕршывра коммунизм тăвассишĕн хăйсен вăйĕсене хĕрхенмесĕр ĕçлеме тупа тăваççĕ.

Колоннăллă зала çĕнĕ ушкăн килсе кĕрет. Пуçсем тĕлне чечек кăшăлĕсем тытнă. Вĕсем—Белорус халăхĕн представителĕсем—рабочисем, колхозниксем, интеллигентсем.

Аслă Октябрь сăпки пулса тăнă Ленинград ĕçсыннийĕсен делегацийĕ пырать. Унăн составĕнче—Октябрьти çĕнтерӳллĕ восстани ветеранĕсем тата Аслă Отечественнăй вăрçă кунĕсенче хулана паттăррăн хӳтĕленĕ геройсем, çамрăк рабочисем тата культура мастерĕсем, хулари тата облаçри парти организацийĕн руководителĕсем. Ленинград представителĕсем, Ленинпа Сталин, Октябрьти штурма хатĕрленсе партие ертсе пынă хулари ĕçсыннисем, чечек кăшăлĕсем нумай йăтса кĕреççĕ.

Иосиф Виссарионович Сталина хисеп тума килнĕ çынсем хушшинче вырăс православи чиркĕвĕн Крутицăпа Коломна митрополичĕ Николай ертсе пыракан представителĕсем тата Антиохипе Пĕтĕм Хĕвелтухăç патриархĕн — III-мĕш Александр представителĕсем.

Çынсем вĕçĕмсĕр иртеççĕ.

Çарапуçăн, шăппăн, чĕререн хурланса вырăссемпе украинецсем, белоруссемпе грузинсем, казахсемпе азербайджанецсем, латышсемпе киргизсем, Совет Çĕршывĕн мĕнпур союзлă тата автономиллĕ республикăсенчи социализмлă нацисен представителĕсем утса иртеççĕ. Çак кунсенче сталинла туслă çемьене пĕтĕçнĕ пирĕн çĕршыври мĕнпур халăхсем хăйсен речĕсене Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçтерме, çирĕп ăс-хакăллă тата сыхă пулма, хăйсен мĕнпур вăйĕсене хамăр çĕршывра коммунизм тăвас ĕçе пама тупа тăваççĕ.

Зала Грузи ССР делегацийĕ, Гори хули — мĕнпур халăхсен аслă çулпуçĕпе учителĕ çуралса ӳснĕ хула делегацийĕ пырса кĕрет. Чĕрĕ роза, магноли, хĕрлĕ-кĕрен гвоздика чечекĕсенчен çыхса тунă пысăк чечек кăшăлĕсен лентисем çине вырăсла тата грузинла халăхсем хĕрӳллĕн юратакан çулпуçăмăрпа учителĕмĕр ятне çырса хунă.

Чăваш, Аджар, Тутар автономиллĕ республикисен делегацийĕсем, Тува халăхĕн, Çурçĕр Осети, Бурят-Монгол, Удмурт тата Коми АССР-ĕсен представителĕсем иртеççĕ. Çак республикăсенчи халăхсен чĕринче вĕсене иртнĕ саманари кая юлнăлăхпа тĕттĕмлĕхрен хăтарнă, нихçанхинчен çӳлĕ вырăна çĕкленĕ çын ячĕ ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕ.

Хисеплĕ хуралта — мухтава тухнă сталинла полководецсем, Совет Союзĕн Маршалĕсем А. М. Василевский, Г. К. Жуков, Л. А. Говоров, И. С. Конев, С. М. Буденный, К. А. Мерецков, В. Д. Соколовский, Р. Я. Малиновский юлташсем тăраççĕ. Вĕсем вырăнне ачасем—Мускав пионерĕсем йышăнаççĕ. Вĕсем хушшинче пĕчĕк хĕрача Ира Мельникова. Вăл икĕ çул каялла Май уявĕнче Сталин юлташа чечек сыххи панă.

(Юлашки 3-мĕш страницăра).

# ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН

## Аслă çулпуç тупăкĕ умĕнче

(Юлашки. Пуçламăшĕ 2-мĕш страницăра).

Аслă çулпуç ачасене ăшшăн юратнă, вĕсен телейĕшĕн тăрăшнă. Ачасен тупăк умĕнчен пионерла салют парса иртеççĕ. Вĕсем тупăк умне чĕрĕ чечексем хураççĕ.

Траурлă вахтăна К. Е. Ворошилов, Н. С. Хрущев, А. И. Микоян, Л. М. Каганович юлташсем тăраççĕ.

Тупăк умĕнчен çаплах халăх иртсе пырать. Сталин юлташăн тупăкĕ умĕнчен урăх çĕршывсенчи халăхсен представителĕсем иртсе пыраççĕ.

Аслă совет халăхĕпе çирĕп тусла пурăнакан аслă Китай халăхĕн представителĕсем иртсе пыраççĕ. Демократиллĕ Германи Республикин представителĕсем, Францири, Италири, Испанири, Англири, Турцири, Иранри, Грецири, Индири, Канадари, Австрири, Ливанри, Индонезири, Малайри, Пакистанри, Уругвайри, Колумбири, Японири, Финляндири Коммунистсен партийĕсен представителĕсем иртеççĕ.

Тупăк патне илсе пынă чечек кăшăлĕсенчен пĕрин çине Китай тата вырăс чĕлхипе: «Аслă Сталин юлташа ĕмĕр мухтав», тесе çырса хунă. Тепĕр чечек кăшăлĕ çине: «Вĕçĕмсĕр паракан, хисеплесе тăракан ученикран Морис Торезран» тесе çырнă. Индири, Таиландри, Индонезири, Грецири, Японири Коммунистсен партийĕсен Центральнăй Комитечĕсен ячĕпе чечек кăшăлĕсем хураççĕ.

Чечек кăшăлĕсем Мускаври дипломатиллĕ корпусран, Бирма союзĕнчен, Финлянди президенчĕпе Финлянди министрĕсен советĕнчен хураççĕ.

Хисеплĕ хурал улшăнать. Тĕнчери пĕррехмĕш социализмлă государствăри ĕçсыннисемпе пĕрле траурлă вахтăна халăх демократи çĕршывĕсенчи правительствăсен пуçлăхĕсем, вĕсен делегацийĕсен членĕсем, тĕнчери коммунистла движенин паллă деятелĕсем тăраççĕ.

Хисеплĕ хуралта Чехословаки Республикин президенчĕ Клемент Готвальд, Польша Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕ Болеслав Берут, Польша маршалĕ Рокоссовский, Китай Халăх Республикин Администраци Совечĕн премьерĕ тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Чжоу Энь-лай, Румыни Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕ Георге Георгиу-Деж, Венгри Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕ Матиас Ракоши, Германири пĕрлешӳллĕ социалистла партин генеральнăй секретарĕ Вальтер Ульбрихт, Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ Отто Гротеволь, Монголи Халăх Республикин премьер-министрĕ Цеденбал.

Траурлă хисеплĕ вахтăна Итали халăхĕн çулпуçĕ Пальмиро Тольятти, Испанири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн генеральнăй секретарĕ Долорес Ибаррури, Великобританири Коммунистсен партийĕн генеральнăй секретарĕ Гарри Поллит, Австрири Коммунистсен партийĕн председателĕ Коплениг, Финляндири Коммунистсен партийĕн председателĕ Вилле Песси, Италири социалистла парти секретарĕ Пьетро Ненни тăраççĕ.

И. В. Сталин тупăкĕ умĕнчен Финлянди, Австри правительствисен делегацийĕсем тата ытти нумай çĕршывсен посолĕсем иртеççĕ.

Çурçĕр. Халăх çаплах нумай пырса тăрать. Çулпуç тупăкĕ умĕнче траурлă вахтăра Хура металлурги министрĕ Тевосян, Çĕр кăмрăк промышленность министрĕ Засядько, Çул-йĕр министрĕ Бещев юлташсем, писательсем: Федин, Шолохов, Михалков, Тихонов, Л. Леонов, Ф. Гладков, Вирта, Вершигора, СССР халăх артисчĕсем Козловский, Рейзен, Шалти ĕçсен министрĕн заместителĕ В. В. Кузнецов, ВЦСПС секретарĕ Шевченко тата Иосиф Виссарионовичăн тăванĕсемпе çывăх çыннисем.

Зала çĕнĕ те çĕнĕ делегацисем кĕрсе тăраççĕ. Италири компартирен, Италири социалистла партирен, Италири хĕрарăмсен союзĕнчен чечек çыххисем илсе кĕреççĕ.

Çурçĕр иртни икĕ сехет, Хисеплĕ хурала Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов, К. Е. Ворошилов, Н. С. Хрущев, Н. А. Булганин, Л. М. Каганович, А. И. Микоян, М. З. Сабуров, М. Г. Первухин юлташсем тăраççĕ.

Хисеплĕ хуралта — Н. М. Шверник, М. А. Суслов, П. К. Пономаренко, Н. А. Михайлов, А. А. Андреев, А. М. Василевский, Г. К. Жуков юлташсем.

Çурçĕр иртни икĕ сехет те вăтăр минут. Союзсен Çурчĕн Колоннăллă залне çынсене кĕртме чараççĕ. (ТАСС).

## Умра— Сталин хывнă çул

Уй-хирсем урлă, шывсем урлă
Хыпар саланчĕ тĕнчене...
Ытла та йывăр-çке ку хурлăх!
Епле ăна халь ĕненес?

Çулпуçăмăр! Юратнă Сталин!
Сан ăшă, сутă куçусем
Чăнах-шим йăлкăшмаççĕ халĕ?
Чăнах-шим хупăнчĕç вĕсем?

Сан хурçă пек чĕрӳ чăнах та
Тапмашкăн чарăнчĕ-шим халь?
Чăнах-шим путрĕ Улăп паттăр
Нихçан вăранайми ыйха?

Салхуллăн усăнса тăраççĕ
Хура хăюллă ялавсем.
Вут пек вĕри куççуль тăкаççĕ
Çĕршывăмри пур халăхсем.

Çук, йĕрес мар. Мухтавлă парти
Пире патвар пулма чĕнет.
ЦК тавра татах та таччăн
Пĕтĕçтерер чĕресене;

Ертсе пырать пире вăл паттăр
Çулпуçĕ хывнă çулпала,
Ун ялавне çĕре усмасăр
Утар çут коммунизмалла!

Александр КĂЛКАН.

## Сталин ячĕ малашлăха çутатса пырать

Атăл хĕррине пĕчĕк ачасем пухăнса тăнă. Кашниех пĕчĕк çунашка туртса тухнă. Кунта, чăнкă çыран хĕрринче вĕсем яланах ярăнаканччĕ. Хĕле кĕнĕреппех çак тĕлте мĕн иртен пуçласа каçчен савăнăçлă шав тăратчĕ. Паян ачасем ярăнмаççĕ... Шăп.

Кунта çеç мар шăплăх. Хула урамĕсем тăрăх ĕçе васкаса утакансем те сăмах чĕнмеççĕ, хурланса пыраççĕ. Хула варринчи Хĕрлĕ площадь урлă машинăсем иртеççĕ. Паян вĕсен сасси те илтĕнмест. Пĕтĕм тĕнче пушанса юлнăн туйăнать.

Пирĕн çĕршывра аслă Сталина аса илтермен пĕр хула, пĕр ял, пĕр завод, пĕр институт, пĕр шкул та çук.

Çук! Çулпуç вилмест! Унăн чĕри тапми пулнă пулсан та, эпир çулпуç кăтартнă çулпах утатпăр. Аслă Сталин вĕрентни—ирсерен сарăлса тухакан хăватлă хĕвел пекех—пирĕн пурнăçа хăват парса тăрать.

Çак хурлăхлă кунсенче эпир Ленин вилнĕ вăхăта, Ленин тупăкĕ умĕнче Сталин юлташ тупа тунине аса илетпĕр. Ун чухне пиртен нумайăшĕ шкул ачи çеç пулнă. Ленин хыççăн аслă çĕршыва ертсе пыракан руль умне тăнă Сталин пире, чăваш халăхĕн ачисене, Совет Союзĕнчи тăванлă пысăк çемьере пуринпе пĕр тан ӳссе çитĕнтерчĕ, çунатлантарчĕ, шкулсемпе институтсенче вĕрентсе кăларчĕ, çын турĕ. Сталина пула эпир çĕр çинчи мĕнпур ырă ĕçе хутшăнтăмăр, асаттесемпе аттесем тахçантанпа ĕмĕтленнĕ телее тупрăмăр.

Пирĕн телее хаяр тăшман туртса илме хапсăнса вăрçă тапратса ярсассăн, эпир, совет çыннисем, рабочи-и вăл, хресчен-и, академик е писатель-и—пурте аслă çулпуç тавра кар тăтăмăр, вăл панă хăватпа çĕршыва хӳтĕлерĕмĕр, тăшмана çĕнтертĕмĕр.

Сталин—çĕнтерӳ символĕ. Унăн ячĕ ĕмĕрсен урлă малалла çутатса тăрать.

Алексей ТАЛВИР.

## Вăл яланах пирĕнпе пĕрле

Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн членĕсем, пĕтĕм çĕршывпа пĕрле, партин, совет халăхĕн аслă çулпуçĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки хытă хурланаççĕ. Ленинăн соратникĕ, унăн ĕçне гениллĕ малалла туса пынă, совет çĕршывĕнчи нумай миллионлă вак хресчен хуçалăхĕсене пĕрлештерсе социализм çулĕ çине тăратнă, колхоз стройĕн тĕп формине уçса панă аслă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр Сталин вилни колхоз хресченĕсемшĕн питĕ пысăк çухату пулса тăрать.

Мартăн 6-мĕшĕнче пулса иртнĕ хурлăхлă митингра 387 колхозник пулчĕç. Партин Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ партин мĕнпур членĕсене, Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕççыннисене чĕнсе каланине хурланса итленĕ хыççăн, митингра 11 колхозник сăмах тухса каларĕ.

— Пирĕн çĕршыв аслă Сталин юлташ ертсе пынипе тĕштырă туса илес ыйтăва, ĕлĕкрех чи çивĕч те пысăк ыйту пулса тăнăскере, ăнăçлă татса пачĕ, татăклăнах, яланлăхах татса пачĕ,—терĕ митингра колхоз бригадирĕ А. Михайловский юлташ.—Аслă учителĕмĕр Сталин юлташ колхоз хуçалăхĕпе унăн организациллĕ тытăмлăхне яланах çирĕплетсе пыма, общественнăй пурлăха тăтăшах ӳстерсе пыма вĕрентсе хăварчĕ. Сталин хушнине эпир ĕмĕрех чĕрере тытăпăр, тырпул тухăçлăхне çултан-çул хăпартса пырăпăр.

Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем, кĕрешӳре яланах çирĕп, хастар тата сыхăлăхлă пулăпăр тесе, партин Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви умĕнче тупа тăваççĕ.

## Сталин ĕçĕ вилĕмсĕр

Йывăр хыпар. Вăл мĕн тери йывăр иккене калама сăмах çук. Тем те пулма пултарать, инкек те, хуйхă-суйхă та, хурлăхлă кунсем те килеççĕ, анчах ку?.. Çук, ĕненес килмест! Ас-тăн та, чĕре те йышăнасшăн мар ку чăтма çук хурлăхлă хыпара. Анчах ним тума та çук, тавралăха чĕрене тӳсме çук ыраттаракан хурлăхлă кĕвĕ илтĕнсе тăрать, пĕтĕм сутçанталăк, пĕтĕм тĕнче макăрнăн туйăнать, çĕр чăмăрĕ ахлатнă пек... Хура сунатлă хурлăхлă хыпар хĕрхенӳсĕр. Ĕненмесен те, итлес килмесен те, вăл хăйĕннех калать: Сталин... Сталин тек пирĕнпе çук. Унăн паттăр чĕри ĕмĕрлĕхех тапма чарăнчĕ... Ĕмĕрлĕхех... тапма чарăнчĕ. Мĕнле сăмах тупса калăн ĕнтĕ çакăн хыççăн? Мĕнле сăмахпа каласа пама пулĕ-ши миллионшар чĕрене шăнăçайми пысăкран та пысăк хуйхă синчен? Çук ун пек сăмах! Ун çинчен каласа пама сăмах хăвачĕ çителĕксĕр.

Йывăр пире, чăтма çук йывăр. Мĕншĕн тесен Сталин вилни пирĕн аслă партишĕн, совет халăхĕшĕн, пĕтĕм тĕнчери этемлĕхшĕн мĕн тери пысăк çухату иккенне эпир ытла та уççăн курса тăратпăр. Вилĕмсĕр Ленинпа пĕрле вăл коммунистсен хурçă партине организацилерĕ, ăна ăшшăн пăхса, вĕрентсе çитĕнтерчĕ, хаяр кĕрешӳре çирĕплетрĕ. Темиçе ĕмĕр хушши пусмăрта асап тӳссе пурăннă ĕççыннисене вăл вилĕмсĕр Ленинпа пĕрле ирĕке кăларса телейлĕ пурнăç пачĕ. Вилĕмсĕр Ленин ĕçне малалла туса пырса, Тăван çĕршывăмăр тăшманĕсене никам çĕнтерейми хăватпа сире-сире ячĕ, çапа-çапа аркатрĕ.

Сталин хăвачĕпе пирĕн çĕршывра колхозсем ӳссе çирĕпленчĕç, уй-хирсене тракторсемпе комбайнсем тухрĕç, колхозниксен пӳрчĕсенче электричество лампочкисем ялкăшма тытăнчĕç, нумай çĕнĕ хуласем, фабрикăсемпе заводсем, шкулсем, клубсем, больницăсем ӳссе ларчĕç.

Сталин хăвачĕпе пирĕн çĕршывра тинĕс çук çĕрте тинĕссем пулса ларчĕç. Юханшывсем пĕрлешрĕç, пушхирсенче сад пахчисем çитĕнчĕç, вăрман тăрăхĕсем ешĕреççĕ.

Сталин хăвачĕ пирĕн çĕршывра тĕнче халиччен курман гидроэлектростанцисем тăвать, шăрăх çил çулĕсене пӳлет, сутçанталăк сăн-сăпатнĕ улăштарать.

Хăçан пырсан та Сталин хăвачĕ, Сталинăн гениллĕ ăсĕ! Çук, Сталин чĕри тапма чарăнни çинчен илтме тем пек йывăр пулсан та, эпир пĕлсе тăратпăр, Сталин текех пирĕнпе пĕрле çук пулсан та, унăн ячĕ, унăн вĕрентĕвĕ вилĕмсĕр, вăл хăйĕн ĕмĕр иксĕлми хăватлă çутипе пĕтĕм тĕнчене коммунизмалла çул кăтартса тăрать.

Каллех, каллех чĕрене тӳсме çук ыраттаракан хурлăхлă кĕвĕ илтĕнет, каллех çĕршывăмăр траурта иккенне аса илтерет вăл. Йывăр, йывăр, куççулĕ тухать... Çав хушăрах Сталин пире, хăйĕн ывăлĕсене, çирĕп пулма вĕрентнине, нимле йывăрлăх умĕнче те алла усма хушманнине аса илетĕн те хăвна лăплантарма вăй-хăват тупатăн. Сталин ячĕ, унăн вĕрентĕвĕ вилĕмсĕр, унăн вилĕмсĕр ĕçĕ шанчăклă алăра, Сталин хăй пăхса вĕрентсе çитĕнтернĕ хурçă партин Центральнăй Комитечĕн аллинче. Çĕршывшăн йывăр килнĕ кунсенче совет халăхĕ Сталинла Центральнăй Комитетпа тăван Совет правительстви тавра тата таччăнрах пĕтĕçет, Сталин çĕкленĕ мир ялавне тата çӳлерех çĕклет, миршĕн, демократишĕн, хамăр çĕршывра коммунизм туса çитерессишĕн кĕрешес ĕçе мĕнпур пултарулăхне, вăй-хăватне хурать.

В. АЛАГЕР.

## Парти ертсе пынипе малалла

УЛАТĂР, мартăн 8-мĕшĕ. (Телефонпа). Çак йывăр, хурлăхлă кунсенче пĕтĕм хулара траур. Пур çĕрте те—предприятисемпе учрежденисен çурчĕсемпе ĕççыннисен çурчĕсем çинче хура хăю тыттарнă ялавсем усăнса тăраççĕ. Ялавсем варринче Сталин портречĕсем. Портретсен рамисене хура хăюпа тыттарнă.

Аслă полководец, Генералиссимус Иосиф Виссарионович Сталин вилни çинчен пĕлтерни кашни çынна—пĕчĕк ачасенчен пуçласа ваттисене çитиччен—чунтан-чĕререн хурлантарать. Этем генийĕ, Владимир Ильич Ленинăн чи çывăх тусĕ тата соратникĕ, Ленин ĕçне малалла туса пыраканĕ Иосиф Виссарионович Сталин юлташа асăнса предприятисемпе учрежденисенче хурлăхлă митингсем пулса иртеççĕ.

Хулари ĕççыннисен чĕрисем çав тери ыратаççĕ. Вĕсем Ленин—Сталин вĕрентнине пурнăçласа пыма, хамăрăн юратнă Тăван çĕршыв тĕрекне тата ытларах вăйлатассишĕн ырми-канми кĕрешме сăмах параççĕ, сыхăлăха ӳстерме чĕнеççĕ.

Йывăç япаласем тăвакан комбинатри митингра партире тăман ватă слесарь Анатолий Гордеевич Носков сăмах тухса каларĕ. Ун куçĕсем шывланнă, сасси аран тухать.

— Сталин вилнĕ тенине ĕненес килмест. Сталин ĕмĕр-ĕмĕрех пирĕнпе, пирĕн чĕрере пурăнать. Иосиф Виссарионович хăйĕн пĕтĕм пурнăçне, вăйне пирĕн валли телейлĕ пурнăç тума пачĕ, вăл çĕршыва пĕр çĕнтерӳрен тепĕр çĕнтерӳ патне илсе пычĕ. Сталин аслă ертсе пынипе фашистла Германие тата империалистла Японие çĕмĕрсе тăкрăмăр, çĕршывра социализм турăмăр. Аслă çулпуç тата учитель ССР Союзĕнче коммунизм обществи тума çул кăтартса пачĕ. Сталин юлташ кăтартса панине пурнăçлассишĕн тата вăйлăрах кĕрешер, коммунизм хăвăртрах туса çитерер. Çакă вăл юратнă Иосиф Виссарионовича асăнса лартнă чи лайăх памятник пулĕ.

Пăравус деповĕн çĕнĕ, пысăк цехĕ. Хурлăхлă митингра çĕршыври паллă машинист, Чăваш АССР Верховнăй Совет депутачĕ Павел Иванович Казаев тухса каларĕ. Пысăк, сарлăка хулпуççиллĕ, ахаль чухне савăнăçлă, кулкаласа çӳрекен çын халĕ салхуллă, ун пĕвĕ те пĕчĕкленнĕ пек туйăнать. Шапăртатса юхакан куççулĕсем ăна уççăн каласма параççĕ.

— Хаклă юлташсем! Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕ тата тĕнчери ĕççыннисем тӳснĕ пысăк çухату çинчен сăмахпа каласа пама хĕн. Эпир, машинистсем, пирĕн атте, çулпуç тата учитель вĕрентнине пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешес ĕçре хамăр вăя шеллемĕпĕр, ĕмĕр-ĕмĕрех вăл кăтартса панă çул-йĕртен пăрăнмăпăр,—тет Казаев юлташ.

— Пирĕн тăшмансем эпир вăйсăрланасса шанса ан тăччăр. Иосиф Виссарионович Сталин тупăкĕ умĕнче Ленин—Сталин партийĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçме тупа тăватпăр,—терĕ сыхăну кантурĕнчи хурлăхлă митингра кантур начальникĕ Михаил Александрович Ананьин.

7-мĕш шкулта хурлăхлă митинга учительсемпе вĕренекенсем пухăннă. Чунчĕререн хурланса тухакан сăмахсем калать РСФСР Верховнăй Совет депутачĕ, Чăваш АССР-ĕн тата РСФСР-ăн тава тивĕçлĕ учительници Валентина Дмитриевна Распопова.

— Вилĕм пирĕн хаклă, çав тери çывăх çынна, аслă Сталина çĕнтернĕ тенине ĕненес килмест. Çук, вăл вилмен, вăл вилес çук, вăл яланах пирĕн чĕрере пурăнĕ. Тăван Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕрлешер, Иосиф Виссарионович Сталин хамăр çĕршывра коммунизм тума палăртнă программăна чыслăн пурнăçлассишĕн тата вăйлăрах ĕçлер,—тет Распопова юлташ.

## Коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн

СЕНТĔР. (Телефонпа). Районти ĕççыннисем, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, Коммунистсен партийĕпе ĕççыннисен аслă çулпуçĕ, гениллĕ учителĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки пĕтĕм чун-чĕререн хурланаççĕ. Çак хурлăхлă хыпара радиопа пĕлтернĕ хыççăнах, районти предприятисемпе учрежденисенче тата колхозсенче нумай йышлă траурлă митингсем пулса иртрĕç.

«Çĕнĕ Юнкă» колхозра траурлă митинга ялти пĕр çын юлмиччен, ватти-вĕтти мĕнĕпех пухăнчĕç. Колхоз председателĕ Федоров юлташ митинга уçса çапла каларĕ:

— Халăхсен аслă çулпуçĕпе учителĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилни пирĕншĕн, колхоз ĕçченĕсемшĕн çав тери пысăк çухату пулса тăрать. Сталин колхоз хресченĕсен чи çывăх, чи юратнă тусĕ пулнă. Вăл ывăнма пĕлмесĕр тăрăшнипе эпир колхозла пуян пурнăç турăмăр. Эпĕ «Çĕнĕ Юнкă» колхоз членĕсен ячĕпе çапла шантарса калатăп: эпир малашне те Сталин вĕрентнĕ пек ĕçлĕпĕр, Коммунистсен партийĕпе унăн Центральнăй Комитечĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçĕпĕр, хамăр умра тăракан задачăсене ăнăçлă ĕçе кĕртессишĕн. Совет çĕршывĕнче коммунизм тăвассишĕн пĕтĕм вăя хурса тăрăшăпăр.

Ун хыççăн Ф. Бархаткин колхозник сăмах илет. Вăл колхозниксене çак хурлăхлă кунсенче хăйсен ĕçри хастарлăхне темиçе хут ӳстерме, умра тăракан задачăсене вăхăтра пурнăçлассишĕн тимлĕ кĕрешме чĕнет.

Колхозниксем митингра пĕрин хыççăн тепри сăмах илсе, И. В. Сталин вилнĕ пирки хăйсем пĕтĕм чĕререн хурланни çинчен каларĕç, колхоз производствинче хастарлă ĕçлеме, суракине кăтартуллă хатĕрленсе çитме, партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăх умне лартнă задачăсене чыслăн пурнăçа кĕртессишĕн вăй-хала шеллемесĕр тăрăшма сăмах пачĕç.

Митингра çавăн пекех М. Акасовăпа П. Трифонов учительсем сăмах тухса каларĕç. Вĕсем Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ халăха вĕрентес тĕлĕшпе кăларса тăратнă задачăсене чыслăн пурнăçлассишĕн тăрăшма, çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парас ĕçе Сталин вĕрентнĕ пек туса пыма пулчĕç.

## Парти тавра тата тачăрах пĕтĕçер

КАЛИНИНО, мартăн 8-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти пур учрежденисемпе предприятисенче тата колхозсенче ĕççыннисен хурлăхлă митингĕсем пулса иртеççĕ. Ĕççыннисем халăхсен аслă çулпуçĕ ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович Сталин юлташ вăхăтсăр вилни пирки чун-чĕререн хурланаççĕ.

Молотов ячĕпе тăракан колхозри колхозниксемпе колхозницăсен тата ялти интеллигентсен хурлăхлă митингне парторганизаци секретарĕ Егоров юлташ уçрĕ. Вăл Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ партин мĕнпур членĕсене, Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕççыннисене чĕнсе каланине вуласа пачĕ.

— Çак йывăр кунсенче пирĕн Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçмелле,—терĕ вăл.

А. Осокин учитель сăмах илет.

— Аслă Сталин совет учителĕсен чи çывăх тусĕ пулнă. Вăл халăха çутта кăларассишĕн, çамрăк ăрăва коммунизмăн хастарлă строителĕсем пулма вĕрентсе хатĕрлессишĕн хăйĕн вăй-хăватне хĕрхенмесĕр ĕçлерĕ. Эпир учительсен учительне — юратнă та хаклă Иосиф Виссарионовича нихçан та манмăпăр. Унăн вилĕмсĕр ячĕ пире çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантарса пырĕ.

Хурлăхлă митингра пулнисем резолюци йышăнчĕç. Колхозниксем тата хастарлăрах ĕçлеме, вăйлă тырпул туса илессишĕн кĕрешме, Тăван çĕршыв вăй-хăватне тĕреклетсе пыма тупа турĕç.

## Сталин ĕçĕ шанчăклă алăра

ЭЛЕК. (Телефонпа). Пĕтĕм совет халăхĕн тата прогрессивлă пĕтĕм этемлĕхĕн асларан та аслă çулпуçĕ, учителĕ, Иосиф Виссарионович Сталин вилни çинчен пĕлсенех, районти предприятисемпе колхозсенче ĕççыннисен митингĕсем пулчĕç.

Шверник ячĕпе тăракан колхоз членĕсем ялти пысăк клуба пухăнчĕç. Вĕсен кашнин пичĕ çинче хытă хурланни палăрать. И. В. Сталин вилни çинчен Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ пĕлтернине С. Васильев юлташ вуласа пачĕ.

Чи малтан 65 çулхи Т. Гордеев колхозник сăмах илчĕ.

— Эпир Октябрьти революциччен чухăн пурăннă,—терĕ вăл.—Патша саманинче пирĕншĕн пурнăç пулман. Ленинпа Сталин ертсе пынипе 1917 çулхи октябрьте çĕнтернĕ аслă революци кăна пире хĕн-хурлă пурнăçран хăтарчĕ. Аслă Сталин ертсе пынипе пирĕн çĕршыв калама çук хăвăрт вăйланса пычĕ. Халĕ эпир пуян та культурăллă пурăнакан пултăмăр, коммунизмăн анлă çулĕпе малалла утатпăр. Çак телейлĕ пурнăça пире Сталин туса пачĕ. Анчах та вилĕм ăна пирĕнтен уйăрчĕ. Вăл вилнĕшĕн эпир пĕтĕм чĕререн кулянатпăр.

— Сталин юлташ ертсе пынипе пирĕн çĕршыв социализмлă хăватлă çĕршыв пулса тăчĕ,—терĕ В. Аввакумов колхозник.—Пире Сталин тĕнчен иккĕмĕш вăрçи вăхăтĕнче фашизм пусмăрласран çăлса хăварчĕ. Аслă Сталинăн вилĕмсĕр ячĕ пирĕн халăхăн чĕринче ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕ.

## Совет хĕрарăмĕсен пĕрлĕхĕ

Мартăн 7-мĕшĕнче каçхине Шупашкар хулинчи партипе совет тата общественнăй организацисен представителĕсем Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне—мартăн 8-мĕшне паллă тума государство академи театрне пухăнчĕç.

Кăçал хĕрарăмсен кунне питĕ хурлăхлă вăхăтра паллă туса ирттерме тиврĕ.

Театр сцени. Кунта пирĕн аттемĕрпе учителĕмĕрĕн Сталин юлташăн пысăк портретне вырнаçтарса лартнă. Ăна икĕ енчен хура пусмапа тыттарса тухнă.

Залра халăх тăп-тулли. Анчах çав тери шăп. КПСС хула комитечĕн секретарĕ Н. Никитин юлташ пухăва уçса хурлăхлăн çапла калать:

— Пирĕн хаклă учителĕмĕрпе çулпуçăмăрăн Иосиф Виссарионович Сталин юлташăн çутă сăнарне ура çине тăрса хисеп тăвар.

Залри çынсем пĕр вăхăт хурлăхлăн ура çинче тăраççĕ. Оркестр траурлă марш калать.

Унтан Н. Никитин юлташ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ, СССР Верховнăй Совет Президиумĕ партин мĕнпур членĕсене, Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕççыннисене чĕнсе каланине вуласа парать. Ăна пухăва пухăннă юлташсем питĕ пысăк тимлĕхпе итлеççĕ. Чĕнĕвĕн кашни сăмахĕ чун-чĕрене кĕрсе вырнаçать.

Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ çинчен Облпрофсовет председателĕ М. Романова юлташ доклад туса пачĕ.

Пуху Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне çыру яма йышăнчĕ.

## Ленин—Сталин партийĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçĕпĕр

Радио пĕр вĕçĕмсĕр хурлăхлă хыпар пĕлтерет. Анчах ăс та, чĕре те Ленин соратникĕн, унăн ĕçне гениллĕ туса пыраканăн, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн асларан та аслă çулпуçĕн, учителĕн — Иосиф Виссарионович Сталинăн куçĕсем ĕмĕрлĕхе хупăннине ĕненесшĕн мар. Кун пек хурлăхлă хыпара калама та, ĕненме те йывăр. Мĕншĕн тесен Сталин ячĕ—пирĕн партишĕн, совет халăхĕшĕн, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисемшĕн калама çук хаклă.

Сталин вилчĕ. Анчах вăл—чĕрĕ. Унăн ĕçĕсем ĕмĕр-ĕмĕрех пирĕн чĕресенче пулĕç, çĕнтерӳ хыççăн çĕнтерӳ тума хавхалантарса тăрĕç.

Ленинпа пĕрле Сталин коммунистсен аслă партине вĕрентсе çитĕнтернĕ, Октябрьти революцин çулпуçĕ пулнă, Совет государствин никĕсне хывнă. Ленин вилнĕ хыççăн вăл совет халăхне социализм çĕнтерĕвĕ патне илсе çитерчĕ. Сталин юлташ ертсе пынипе эпир иккĕмĕш тĕнче вăрçинче фашистсене çапса аркатрăмăр.

Сталин пире коммунизм тумалли çулйĕре уçăмлăн кăтартса пачĕ. Аслă Сталин Совет Союзĕнчи халăхсене пĕр тăвансем пек килĕштерсе пурăнма вĕрентрĕ.

Сталин юлташ ертсе пынипе пирĕн çĕршыв чи вăйлă индустриллĕ государство пулса тăчĕ. Сталинла пилĕкçуллăхсенче çĕршывăн сăн-сăпачĕ тĕпренех улшăнчĕ. Юратнă Тăван çĕршыв мĕнле хăватланса пынине эпир, чугун çул çинче ĕçлекенсем, питĕ лайăх курса тăратпăр. Халĕ пирĕн чугун çул транспорчĕ тĕнчери чи лайăх пăравуссемпе, хăватлă техникăпа хĕçпăшалланнă. Эпир коммунизм стройкисем валли мĕн чухлĕ кирлĕ, çавăн чухлĕ груз турттарса пама пултаратпăр.

Юратнă Сталинăн пĕтĕм пурнăçĕ, мĕнпур ĕçĕ вăл пирĕн çĕршыври халăхăн материальнăй пурнăçне лайăхлатас тĕллевпе çыхăнса тăнă. Çавăнпа ăна кашни ĕççынни юратать, пурте чи лайăх тус вырăнне хурса хисеплеççĕ.

Сталин юлташа эпĕ темиçе хутчен те курнă. Ăна курсан чун çĕкленсе каятчĕ, вăй кĕнĕ пек туйăнатчĕ, ĕçлес килнĕ çемĕн ĕçлес килекен пулатчĕ. Вăл çав тери простой та хăюллă çын—хăйĕн пекех хăюллă паттăрсене юрататчĕ. Çулпуçăн аслă сăмахĕсене илтсен, вăл чĕрене çунатлăнтарса кулнине курсан, манăн та çĕнтерӳ хыççăн çĕнтерӳ тăвакан сталинла гварди ретĕнче пулас килекен пулатчĕ. Сталина хамăрăн ĕçе кăтартса савăнтарас килетчĕ.

Вăл кĕтмен çĕртен куçĕсене хупрĕ, пиртен ĕмĕрлĕхе уйрăлчĕ. Анчах унăн сăнарĕ куç умĕнче тăрать. Вăл халăха сума суса алă çупни куçа хупсан та курăнса тăрать. Çук, Сталин вилмен! Унăн ячĕпе ĕçĕ, вĕçрен вĕçе сыпăнса пыракан пурнăç пек, яланах чĕрĕ пулĕ, хăватлă маяк евĕрлĕ çул кăтартса тăрĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ пире, совет халăхне, çак хурлăхлă кунсенче Ленин—Сталин партийĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçме чĕнеççĕ. Коммунизм тăвас тĕлĕшпе темиçе хут ытларах тăрăшса ĕçлесе, Сталин юлташăн ĕмĕтне пурнăçлассишĕн кĕрешĕпĕр.

Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе эпир малашне те политика енĕпе тата та сыхăрах пулăпăр, шалти тата тулашри тăшмансене хирĕç ним килĕшмесĕр кĕрешĕпĕр, коммунизм çĕнтерĕвĕ патне çирĕппĕн утăпăр.

Машинист П. Н. НАЗАРОВ,
СССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ.

## Ĕçри хастарлăха ӳстерессĕ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ партин мĕнпур членĕсене, Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕççыннисене Ленин соратникĕ, аслă çулпуçăмăр Сталин юлташ вилсе кайни çинчен пĕлтерни хыççăн Вăрнар МТС-ĕнчи механизаторсем хурлăхлă митинга пухăнчĕç.

Трактористсемпе комбайнерсем, юсаври рабочисем—пурте хурлăхлă. Питсем тăрăх куççуль юхать.

Митинга МТС директорĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ М. Краснов юлташ уçрĕ. МТС директорĕ И. Андреев юлташ сăмах илет. Вăл МТС работникĕсене, Сталин юлташ сăнарне ялан асра тытса, ĕçри хастарлăха ик-виçĕ хут ӳстерме чĕнчĕ.

Социализмлă Ĕç Геройĕ, 2-мĕш трактор бригадин бригадирĕ И. Пронькин юлташ çапла каларĕ:

— Пире питĕ пысăк хурлăх чăтса ирттерме тиврĕ. Аслă çулпуçăн Сталин юлташăн чĕри тапма чарăнчĕ. Çакă хурлăхлă кунсенче эпир партин Центральнăй Комитечĕ тавра татах та тачăрах пĕтĕçетпĕр, Ленин—Сталинăн аслă ĕçне пурнăçлассишĕн татах та лайăхрах, мĕнпур вăя хурса кĕрешĕпĕр, суракине пысăк пахалăхпа ирттерсе Тăван çĕршыва тырпул нумай туса парăпăр.

# ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН

## ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН

### вилнĕ пирки пĕтĕм прогрессивлă халăх чĕререн хурланать

### *Китай Халăх Республики*

ПЕКИН, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, председатель Мао Цзэ-дун ĕнер Совет посольствине ССCР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Генералиссимус И. В. Сталин вилнĕ пирки хурланни çинчен пĕлтерме пынă.

Мао Цзэ-дун Совет Союзĕн послне А. С. Панюшкина Китай халăхĕ, Китайри Коммунистсен партийĕ тата Китай правительстви мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисен аслă çулпуçне тата Китай халăхĕн чи юратнă тусĕпе учительне И. В. Сталин юлташа вĕçĕмсĕр хисепленни çинчен чĕререн хурланса калани Мускава пĕлтерме калан̆ă.

Председатель Мао Цзэ-дунпа пĕрле Чжу Дэ, Чжоу Энь-лай тата Коммунистсен партийĕпе Китай правительствин ытти руководителĕсем пулнă.

ПЕКИН, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки Центральнăй Халăх Правительстви приказ кăларни çинчен пĕлтерет.

ПЕКИН, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен аслă çулпуçĕпе учителĕ, Китай халăхĕн чи юратнă тусĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки пĕтĕм Китай халăхĕ хурланать.

Миллионшар çынсем совет халăхĕпе пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх умне килсе тухнă пысăк хурлăх пирки радио паракан хыпарсене кулянса итлеççĕ.

Тяньаньмынь площадĕнче Китай Халăх Республикин пилĕк çăлтăрлă ялавне тайăлтарнă, пĕтĕм çĕршыври государство çурчĕсем çинче ялавсене тайăлтарнă.

И. В. Сталин вилнĕ пирки хурланни çинчен пĕлтерме Пекин хулинчи халăхăн мĕнпур сийĕсен представителĕсем Совет посольствине пыраççĕ.

Фабрикăсемпе заводсенче, суту-илӳ предприятисемпе учрежденисенче, шкулсемпе университетсенче хурлăхлă митингсем пулса иртеççĕ. Митингсенче тухса калакансем Китай халăхĕшĕн Сталин юлташ çав тери хаклă пулни çинчен, хăйсем хурланни çинчен каласа параççĕ.

Çурçĕр Китайри ялхуçалăх машинисем тăвакан заводри рабочисен, инженерсемпе техниксен пухăвĕнче техник Су Цзянь-цун çапла калан̆ă: «Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ Сталин кăтартса панисене пурне те ăнăçлăн пурнăçлассине эпĕ чĕререн шанса тăратăп.

Халĕ Китай халăхĕ хăйĕн пĕрремĕш пилĕк çуллăх планне пурнăçлама тытăнать. Китай тата совет халăхĕсем ĕмĕрлĕхех пĕрлешрĕç. Эпир çав пĕрлĕхе вăйлатăпăр. Эпир хамăр ретсене тата тачăрах пĕтĕçтерсе малалла кайăпăр».

### *Польша*

ВАРШАВА, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарьне Иосиф Виссарионович Сталина асăнса ĕнер Польша Халăх Республикин Государство Совечĕпе Министрсен Совечĕн хурлăхлă-чаплă ларăвне ирттернĕ. Ларăва Польша Халăх Республикин Министрсен Совечĕн председателĕ Болеслав Берут ертсе пынă.

Çав кунах наци фрончĕн Пĕтĕм Польшăри комитет президиумĕн анлă ларăвĕ пулнă. Ларăва политикăллă тата общественлă организацисен представителĕсем пухăннă.

Ларăва пухăннисем пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн аслă çулпуçĕпе учителĕ Иосиф Виссарионович Сталин ятне ура çинче тăрса хисепленĕ.

Ларура Иосиф Виссарионович Сталин ятне ĕмĕр асăнмалла тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Польша Комитечĕ туса хунă.

Польша столицинчи мĕнпур предприятисенче, учрежденисенче, аслă шкулсенче хурлăхлă митингсем пулса иртнĕ. Жерань хулинчи çăмăл автомобильсем тăвакан заводра ĕçлекен 2 пин çынна яхăн рабочи Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ партин мĕнпур членĕсене, Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕççыннисене чĕнсе каланине тата Польшăри рабочисен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕ, Польша Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕпе Государство Совечĕ Польша халăхне чĕнсе каланине чĕререн хурланса итленĕ.

Трибуна умĕнче—ĕçре малта пыракан инструментальщик Владислав Буковский.

— Сталин юлташ ячĕ,—тенĕ вăл,—яланах пирĕн ĕçре тата пирĕн шухăшра пулать. Вăл ĕмĕр пирĕнпе пĕрле пулать. Сталин ячĕпе эпир хамăр çĕршыва социализм тăвассишĕн кĕрешĕпĕр.

Сварщиксен наплă бригадирĕ Зигмунт Павловский совет халăхĕ тата Иосиф Виссарионович Сталин Польша халăхне пысăк пулăшу пани çинчен хумханса калать. Çак пулăшăва эпир пирĕн тăван çĕршыва ирĕке кăларнă тапхăрта кăна мар, халĕ те куллен туйса тăратпăр. Нумай йышлă митингсем çавăн пекех çĕршыври ытти хуласемпе ялсенче те пулса иртнĕ.

ВАРШАВА, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Польшăри пичет агентстви Польша Халăх Республикинчи оборона министрĕ К. Рокоссовский кăларнă приказа хаçатсене ярса панă.

Приказра çапла калан̆ă:

Фашистла оккупацирен хăтăлнăшăн, Польшăн авалхи çĕрĕсене каялла таварса панăшăн, илемлĕ те телейлĕ малашлăх тума май илнĕшĕн Польша халăхĕ аслă Сталина тав тума тивĕçлĕ.

Марксăн — Энгельсăн — Ленинăн — Сталинăн аслă идейисем пирĕн чĕрере ĕмĕр пурăнĕç, вĕсем пире миршĕн, социализмшăн, тăван çĕршыв телейĕшĕн кĕрешес ĕçре малалла çĕнтерӳсем туса пыма хавхалантарĕç!

### *Демократиллĕ Корея Халăх Республики*

ПХЕНЬЯН, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Корея халăхĕ ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ, Ленинăн вилĕмсĕр ĕçĕсене малалла туса пынă соратникĕ И. В. Сталин юлташ вилни çинчен пĕлтернине чĕререн хурланса йышăннă. Пхеньянра тата Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи ытти хуласемпе ялсенче траур.

Корейăри хаçатсем Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн кабинечĕ йышăннă постановлени пичетлесе кăларнă.

Хăйĕн пурнăçне пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен телейĕшĕн кĕрешес аслă ĕçе панă Генералиссимус Сталин вилни, тенĕ постановленире, пĕтĕм тĕнчери прогрессивлă этемлĕхшĕн пысăк çухату пулса тăрать. Генералиссимус Сталин вилни çинчен пĕлтернĕ хыпар пирĕн çĕршыври рабочисен, хресченсен, интеллигенцин тата мĕнпур ĕççыннисен чĕрине, Халăх çарĕн салтакĕсемпе офицерĕсен чĕрине хытă ыраттарать.

Иккĕмĕш тĕнче вăрçи пынă çулсенче Совет Союзĕпе унăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем генилле полководец аслă Генералиссимус Сталин ертсе пынипе этемлĕхĕн чи тискер тăшманĕсене — нимĕç фашизмĕпе Япони империализмне çĕмĕрсе тăкса Европăпа Азири нумай халăхсене ирĕке кăларчĕç, вĕсем валли çĕнĕ пурнăç тумалли çула уçса пачĕç. Корея халăхĕ те Япони империалисчĕсен пусмăрĕнче çур ĕмĕре яхăн асапланнинчен хăтăлчĕ, çакăн хыççăн вăл халăх демократи стройĕ туса хучĕ.

Аслă Генералиссимус Сталин вилни çинчен хыпар илнĕ хыççăн, тенĕ постановленире, Корея халăхĕ Корейăри Ĕçлĕх партийĕпе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçет, Ленин—Сталин ялавне тата çӳлĕрех çĕклет.

Постановление Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен кабинечĕн председателĕ Ким Ир Сен алă пуса кăларнă.

### *Монголи Халăх Республики*

УЛАН-БАТОР, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Монголи халăхĕ хурлăхлă кунсенче пурăнать. Улан-Баторта тата ытти хуласемпе ялсенче траур.

Мартăн 6-мĕшĕнче каçхине Улан-Баторта И. В. Сталина асăнса Аслă Халăх Хурал сессийĕн чрезвычайнăй ларăвĕ пулса иртнĕ. Сесси СССР Верховнăй Совет Президиумне çыру яма йышăннă. Унта Совет правительствипе тата совет халăхĕпе пĕрле пĕтĕм Монголи халăхĕ хурланни çинчен калан̆ă.

Монголи Халăх Республикинче пур çĕрте те аслă Сталин вилнĕ пирки хурлăхлă митингсем пулса иртеççĕ. Митингсенче тухса калакан аратсем, рабочисем, служащисем совет халăхĕпе пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх умне килсе тухнă йывăр çухату пирки чĕререн хурланни çинчен калаççĕ.

И. В. Сталин ячĕпе тăракан аш-какай комбинатĕнче пулнă митингра Цагангуги рабочи çапла калан̆ă: аслă Ленинпа цĕрле Сталин юлташ пирĕн халăха телей патне çитме çул кăтартса пачĕ. Сутă та савăнăçлă пурнăçшăн, ĕçре çитĕнӳсем тунăшăн пирĕн халăх аслă Сталина тав тума тивĕçлĕ. Эпир Совет Союзĕпе туслă пурăннине тата ытларах тĕреклетĕпĕр, Монголири Революциллĕ халăх партийĕ ертсе пынипе, пире аслă Сталин кăтартса панă çулпа малалла пырăпăр.

Ут тавраш тăвакан фабрикăра ĕçлекен рабочи Раши митингра çапла калан̆ă:

Эпир, Монголири рабочисем, Сталин туса панă аслă ĕçе пурнăçлама хамăрăн пĕтĕм вăя парăпăр, Монголири Революциллĕ халăх партийĕ тавра, Совет Союзĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçĕпĕр, мир, демократи тата социализм лагерьне тĕреклетĕпĕр.

### *Англи*

ЛОНДОН, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Союзĕн Лондонри посольствине И. В. Сталин вилнĕ пирки совет халăхĕпе пĕрле хурланни çинчен пĕлтерме çĕршер çын пырать. Посольство çурчĕ çинче траурлă ялав. Посольствăна Англи правительствин представителĕсемпе дипломатиллĕ корпус членĕсем пырса кайнă.

Этемлĕхĕн телейĕшĕн кĕрешнĕ аслă Иосиф Виссарионович Сталин ятне хисеплесе посольствăна ĕççыннисем час-часах хăйсен алăри ачисемпе пыраççĕ.

Çак хурлăхлă кунсенче Совет посольстви Англири тĕрлĕ вырăнсенчен çырусемпе телеграммăсем нумай илет.

«Дейли уоркер» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Англири заводсенче, верфьсенче, шахтăсенче, учрежденисенче пур çĕрте те ĕççыннисем И. В. Сталин юлташ вилнĕ пирки чĕререн хурланаççĕ, хăйсем совет халăхĕпе пĕрле хурланни çинчен пĕлтереççĕ.

Кентербери соборĕн настоятелĕ Хьюлетт Джонсон çапла çырать: Сталин вилчĕ. Пирĕнтен аслă çын уйрăлса кайрĕ. Сталин ячĕ историе çĕнĕ тĕнче тăвассишĕн кĕрешнĕ Маркс, Энгельс, Ленин ячĕсемпе пĕрле кĕрсе юлать. Çĕнĕ тĕнчере çын çынна хирĕç мар, çын тăшманĕсене хирĕç, тĕрĕсмарлăха хирĕç, чухăнлăхпа чирсене хирĕç кĕрешет.

Сталин çĕнĕ тĕнче тăвассишĕн пысăк вăй хунă, çак тĕнче ырлăхĕпе усă куракан çынсен шучĕ ӳсрĕ, Совет Союзĕнчи нумай нацилле çемьере мĕнпур нацисемпе расăллă ушкăнсем валли цĕр ган правасем туса панă.

«Дейли Уоркер» хаçат ĕнер Великобританири Коммунистсен партийĕн генеральнăй секретарĕн Гарри Поллит юлташăн статьине пичетлесе кăларнă. Статья И. В. Сталин пурнăçĕпе кĕрешӳне сутатса парать.

### *Франци*

ПАРИЖ, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Францири ĕççыннисем, миршĕн тăракансем, патриотсемпе республиканецсем, мĕнпур тӳрĕ шухăшлă çынсем пирĕн саманари асларан та аслă деятель, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн тусĕ, миршĕн тата халăхсем хушшинчи туслăхшăн паттăррăн кĕрешнĕ И. В. Сталин вилнĕ пирки вĕçĕмсĕр хурланаççĕ. Францин мĕнпур кĕтесĕсенчен заводсенче, учрежденисенче тата тĕрлĕ организацисенче хурлăхлă митингсем пулса иртни çинчен пĕлтерӳсем килсе тăраççĕ.

Париж çывăхĕнчи Ивр хулинчи заводсемпе фабрикăсенче ĕçлекен рабочисем траур ячĕпе ĕçлеме чарăннă. Муниципалитет, Коммунистсен партийĕн секцийĕсен çурчĕсем çинче, заводсен корпусĕсем çинче И. В. Сталин портречĕсем тата Совет Союзĕпе Франци ялавĕсем курăнса тăраççĕ, портретсемпе ялавсене хура хăюсемпе тыттарнă.

Мартăн 6-мĕшĕнче иртен пуçласа тĕттĕм пуличченех Совет посольствине Францири демократиллĕ организацисен делегацийĕсем, рабочисен ушкăнĕсем, интеллигенци представителĕсем, кил хуçи хĕрарăмĕсем тата ытти уйрăм çынсем И. В. Сталин вилнĕ пирки хăйсем чĕререн хурланни çинчен пĕлтерме вĕçĕ-хĕррисĕр пырса тăнă.

ПАРИЖ, мартăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Кунта çапла пĕлтернĕ: Франци правительстви йышăннă тăрăх; Францире мартăн 6-мĕшĕпе 7-мĕшĕнче тата Генералиссимус И. В. Сталина пытарнă кун траур ячĕпе Францири мĕнпур çар çурчĕсемпе çар карапĕсем çинче ялавсене тайăлтараççĕ.

ПАРИЖ, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Францири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Жак Дюкло ĕнер партин нациллĕ конференцийĕн делегачĕсем умĕнче Иосиф Виссарионович Сталина асăнса сăмах тухса калан̆ă.

Францири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ партине илес тĕлĕшпе Сталинла призыв пуçланни çинчен пĕлтернĕ.

### *Инди*

ДЕЛИ, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Мартăн 6-мĕшĕнче Иосиф Виссарионович Сталин вилни çинчен хурлăхлă хыпар илсен ирех Дели хулинчи тата ытти хуласенчи халăхăн тĕрлĕ сийĕсен представителĕсем пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн чи лайăх тусĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки хăйсем чĕререн хурланни çинчен пĕлтерме Совет посольствине вĕçĕ-хĕррисĕр пырса тăма пуçланă.

Инди парламенчĕн ĕнерхи ларăвĕнче малтан премьер-министр Неру сăмах тухса калан̆ă. Вăл Инди правительстви ячĕпе Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки хурланни çинчен калан̆ă.

Парламент депутачĕсем Инди халăхĕн аслă тусĕн Иосиф Виссарионович Сталинăн ятне ура çине тăрса хисепленĕ.

Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки ĕнер парламент хăйĕн ларăвне чарса лартнă. Делири правительство учрежденийĕсен çурчĕсем çинче государство ялавĕсене тайăлтарнă.

Ĕнер Индири чылай хуласенче И. В. Сталин вилнĕ пирки хурлăхлă митингсем пулнă. Штатсен законсем кăларакан пухăвĕ совет халăхĕпе пĕрле хурланни çинчен пĕлтернĕ.

### *Итали*

РИМ, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Сталин юлташ вилни çинчен пĕлтернине Итали халăхĕ хурланса йышăнчĕ. Мартăн 6-мĕшĕнче ирхине ирех хаçат киоскĕсем, демократиллĕ организацисемпе прогрессивлă хаçатсен çурчĕсем умне халăх йышлăн пухăнма пуçланă.

Совет Союзĕн Римри посольствине ĕççыннисен делегацийĕсем, интеллигенци представителĕсем, прогрессивлă партисен членĕсем хăйсем хурланни çинчен тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе тата халăхĕпе пĕр шухăшлă пулни çинчен пĕлтерме вĕçĕмсĕр пырса тăраççĕ.

Италири мĕнпур хуласемпе ялсенче хурлăхлă митингсем пулса иртеççĕ.

Депутатсен палатин ларăвĕнче Пальмиро Тольятти сăмах тухса калан̆ă. Вăл хăйĕн сăмахĕнче Сталин юлташ ятне хисеп тунă. Тольятти сăмахне мĕнпур депутатсемпе правительство членĕсем ура çинче тăрса итленĕ.

Пьетро Ненни социалистсен партийĕ ячĕпе, ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн заместителĕ Тавиани правительство ячĕпе Сталин юлташ ятне хисеплесе сăмах калан̆ă. Çакăн хыççăн траур ячĕпе ларăва чарса лартмалла тунă.

Коммунистсен сенатри ушкăнĕн председателĕ, Италири компартин Центральнăй Комитечĕн членĕ Мауро Скоччимарро тата социалист-сенатор Пертини Сталин юлташ ятне асăнса сăмах калан̆ă. Сенаторсем Сталин юлташ ятне ура çине тăрса хисепленĕ.

«Унита» тата «Аванти» хаçатсем траурлă рамкăпа тухнă. «Унита» хаçат «Этемлĕхе ирĕке кăларассишĕн тата унăн прогресĕшĕн никамран та ытларах ĕç тунă çынна ĕмĕр мухтав!» тесе çырнă заголовокпа тухнă. Хаçат КПСС Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ чĕнсе каланине пичетлесе кăларнă. Хаçатăн сакăр страницинчен ултă страницинче Сталин юлташăн биографине тата унăн ĕçĕсемпе сăмахĕсене пичетлесе кăларнă.

РИМ, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Совет Союзĕн Италири посольствине 180 делегаци ытла пырса кайнă. Вĕсем Сталин юлташ вилнĕ пирки хурланни çинчен пĕлтернĕ. Делегацисем хушшинче Италири Коммунистсен партийĕн руководствипе Центральнăй Комитечĕн членĕсем — Пальмиро Тольяттипе пĕрле, Италири социалистсен партийĕн руководствипе Центральнăй Комитечĕн членĕсем — Пьетро Ненниле пĕрле, Коммунистсен партийĕн Римри федерацийĕн, Римри чугун çул работникĕсен представителĕсем, «Раниери» заводĕнчи рабочисен делегацийĕ, «Маркини» стройкинчи рабочисем тата ыттисем те пулнă.

### *Иран*

ТЕГЕРАН, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Иран ĕççыннисем И. В. Сталин вилнĕ пирки хăйсем хурланни çинчен пĕлтерме Совет посольствине çĕршерĕн пырса тăраççĕ. Посольствăна арçынсем те, хĕрарăмсем те, хăшпĕрисем хăйсен ачисемпе, пĕчченшерĕн те тата ушкăнпа та, çавăн пекех нумай йышлă делегацисем пырса тăраççĕ. Чирлĕ премьер-министр Мосаддык ячĕпе тата меджлисăн чирлĕ председателĕ Кашани ячĕпе вĕсен ывăлĕсем пырса хăйсем хурланни çинчен пĕлтернĕ.

Посольствăна ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Фатеми, двор министрĕ Хосейн Ала тата Иран правительствин ытти членĕсем, меджлис депутачĕсем, сенатор пулнă çынсем, Иран столицинчи культура, наука, суту-илӳ тата промышленность енĕпе ĕçлекен нумай çынсем пырса кайнă.

### *Уругвай*

МОНТЕВИДЕО, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Этемлĕхĕн асларан та аслă генийĕ, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен çулпуçĕ, учителĕ, тусĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки Уругвай халăхĕ чĕререн хурланать.

Совет Союзĕн Уругвайри миссине вĕçĕ-хĕррисĕр халăх пырса тăрать, вĕсем И. В. Сталина вĕçĕмсĕр юратни çинчен калаççĕ, çак йывăр хурлăх пирки совет халăхĕпе пĕрле кулянни çинчен пĕлтереççĕ.

Уругвайра тухса тăракан хаçатсем тата радиостанцисем КПСС Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ пĕлтерни çинчен нумай çыраççĕ тата Иосиф Виссарионович Сталинăн пурнăçĕпе ĕçĕ çинчен материалсем пичетлеççĕ.

Хаçатсем малтанхи страницăсенче И. В. Сталин юлташ портретне пичетлесе кăларнă.

## Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарьне Иосиф Виссарионович Сталина пытарассине организацилеме уйăрнă Комиссирен

Комисси ĕççыннисене çакăн çинчен пĕлтерет: Хĕрлĕ площадьри Мавзолея кĕртме пуçласси çинчен уйрăммăн пĕлтереççĕ.

## *Китайри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне янă телеграмма*

ПЕКИН, мартăн 6-мĕшĕ. Синьхуа агентстви çапла пĕлтерет:

Китайри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, И. В. Сталин вилнĕ пирки хурланнине палăртса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне телеграмма янă. Телеграммăра çапла калан̆ă:

**«СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕТНЕ**

Китайри Коммунистсен партийĕн мĕнпур членĕсем тата пĕтĕм Китай халăхĕ пирĕн пуринчен ытларах хисеплекен тата чи хаклă учитель, пирĕн чи лайăх тус— Сталин юлташ вилнĕшĕн çав тери хытă хурланаççĕ. Сталин юлташ вилни пирĕн пĕрлехи ĕçшĕн калама çук пысăк çухату пулса тăрать.

Сталин юлташăн—пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен аслă çулпуçĕн—ячĕ этемлĕхе ирĕклĕхшĕн кĕрешмелли аслă ялав пулса тăрать. Аслă Ленинпа пĕрле вăл Октябрьти Социализмлă революцие ертсе пычĕ. Октябрьти Социализмлă революци этемлĕх историйĕнче çĕнĕ самана пуçласа ячĕ тата пĕтĕм тĕнчери пусмăрта пурăнакан классĕмпе халăхсене çĕнтерӳ патне çитмелли çула çутатса пачĕ. Ленин вилнĕ хыççăн Сталин юлташ Марксăн, Энгельсăн тата Ленинăн ĕçне малалла туса пычĕ, марксистла-ленинла чаплă ăс-хакăлпа, большевикла хăюлăхпа тăшмансемпе ренегатсене хирĕç ырми-канми кĕрешрĕ, совет халăхне социализм çĕнтерĕвĕ патне, коммунизм строительствине анлăн пурнăçласси патне илсе çитерчĕ.

Иккĕмĕш тĕнче вăрçи çулĕсенче Сталин юлташ Германин, Италин тата Японин фашистла вăрă-хурахĕсене çапса аркатас ĕçре Совет Союзĕн аслă Хĕçпăшаллă Вăйĕсене ертсе пычĕ, çапла вара этемлĕхе фашистла чуралăхран çăлса хăварчĕ.

Сталин юлташ ĕççыннисен тата пĕтĕм тĕнчери пусмăрти халăхсен кун-çулĕшĕн яланах ырми-канми тăрăшрĕ. Сталин юлташ теорие пуянлатас тĕлĕшпе питех те пысăк, чаплă ĕç турĕ, Китайри революцин ыйтăвĕсем тĕлĕшпе политикăллă кăтартусем пачĕ, Китайри Коммунистсен партине идеологипе политика тĕлĕшĕнчен хĕçпăшаллантарчĕ. Сталин юлташ кăтартнă çулпа пырса, Китайри Коммунистсен партийĕпе Китай халăхĕ, Мао Цзэ-дун ертсе пынипе, революцире çĕнтерӳ турĕç.

Йывăр тĕрĕслӳ кунĕсенче Сталин юлташ чунтан-чĕререн тăрăшнине тата пулăшнине Китай халăхĕ яланах туйса тăнă. Китай Халăх Республикине туса хунă хыççăн пире Сталин юлташ, вăл ертсе пыракан аслă совет халăхĕпе Совет правительстви ырă кăмăлпа пысăк пулăшу панине Китай халăхĕ ĕмĕрех чĕрере тытĕ.

Хаклă юлташсем, çак хурлăхлă кунсенче Сталин юлташ вилнĕ пирки эпир сирĕнпе пĕрле хурланни çинчен пĕлтеретпĕр. Пирĕн пĕтĕм парти тата мĕнпур халăх Ленинпа Сталин тунă Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине, тата ССР Союзне шанса тăрассине тата пулăшса пырассине малашне те çирĕплетĕç, Совет Союзĕ ертсе пыракан пĕтĕм тĕнчери мирпе демократин никам çĕнейми лагерьне малашне те тĕреклетсе пырĕç. Эпир Сирĕнпе тата аслă совет халăхĕпе тытакан сыхăнăва малашне те çирĕплетсе пырăпăр, Ленинпа Сталинăн пĕрлĕхлĕ ялавĕ айĕнче мирпе демократи ĕçĕшĕн, коммунизм ĕçĕшĕн вĕçне çитиччен кĕрешĕпĕр.

Аслă Сталина ĕмĕр-ĕмĕр мухтав!

**КИТАЙРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕЧĔ.**

1953 çулхи мартăн 6-мĕшĕ.

## ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне Иосиф Виссарионович СТАЛИНА пытарнă çĕрте пулма ют çĕршывсен правительство делегацийĕсем Мускава килни

ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне Иосиф Виссарионович **СТАЛИНА** пытарнă çĕрте пулма мартăн 8-мĕшĕнче Мускава çак правительство делегацийĕсем килсе çитнĕ:

Китай делегацийĕ, ăна Государство Администраци Совечĕн Премьерĕ тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Чжоу Энь-лай ертсе пырать. Делегацие СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ А. И. Микоян тата СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ В. В. Кузнецов кĕтсе илнĕ.

Румыни делегацийĕ, ăна Министрсен Совечĕн Председателĕ Г. Георгиу-Деж ертсе пырать. Делегацие СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ М. Г. Первухин, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ Б. Ф. Подцероб тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕн Заместителĕ А. Ф. Горкин кĕтсе илнĕ.

Чехословаки делегацийĕ, ăна Президент К. Готвальд ертсе пырать. Делегацие СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ Н. А. Булганин тата СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ Я. А. Малик кĕтсе илнĕ.

Монголи делегацийĕ, ăна Премьер-Министр Ю. Цеденбал ертсе пырать. Делегацие СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ А. И. Микоян тата СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ В. В. Кузнецов кĕтсе илнĕ.

Польша делегацийĕ, ăна Министрсен Совечĕн Председателĕ Б. Берут ертсе пырать. Делегацие СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн заместителĕ Н. А. Булганин тата СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ Я. А. Малик кĕтсе илнĕ.

Венгри делегацийĕ, ăна Министрсен Совечĕн Председателĕ М. Ракоши ертсе пырать. Делегацие СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ М. З. Сабуров тата СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ Г. М. Пушкин кĕтсе илнĕ.

Демократиллĕ Германи Республикин делегацийĕ, ăна Премьер-Министр О. Гротеволь ертсе пырать. Делегацие КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ М. А. Суслов тата СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ Г. М. Пушкин кĕтсе илнĕ.

Финлянди делегацийĕ, ăна Премьер-Министр У. Кекконен ертсе пырать. Делегацие СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ А. И. Микоян, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ Я. А. Малик тата ССР Союзĕн Финляндири Посланникĕ В. З. Лебедев кĕтсе илнĕ.

Болгари делегацийĕ, ăна Министрсен Совечĕн Председателĕ В. Червенков ертсе пырать. Делегацие СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ М. Г. Первухин тата СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ Б. Ф. Подцероб кĕтсе илнĕ.

* * *

Мускава Иранран Ĕçлев Министрĕ Алеми ертсе пыракан, Афганистанран Мухаммед Дауд Хан принц ертсе пыракан тата Турцирен Турци Ют Çĕршыв Ĕçĕсен Министерствин Генеральнăй Секретарĕ Ачикалым ертсе пыракан Правительство делегацийĕсем килсе çитмелле.

Великобритани, Çĕнĕ Зеланди тата Цейлон правительствисем СССР Министрĕсен Совечĕн Председательне **И. В. СТАЛИНА** пытарнă çĕрте хăйсен ячĕпе представитель пулма Великобританин ССР Союзĕнчи послне полномочи панă.

Франци, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен, Инди, Бирма Союзĕн, Швейцари, Австрали, Ливан, Египет, Дани, Норвеги, Австри, Швеци, Канада, Пакистан, Таиланд тата Нидерланди правительствисем Совет Союзĕн Правительстви çумĕнчи хăйсен дипломатиллĕ представительствисен пуçлăхĕсене **И. В. СТАЛИНА** пытарнă çĕрте çав çĕршывсен представителĕсем пулма полномочи панă.

Редактор **В. Я. ЯКОВЛЕВ.**

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского. 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01029 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.